ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

№ 38 (9717) | 1956 çул, Февраль 21, ытларикун | 38-мĕш çул тухать. Хакĕ 20 пус.

## Хавхалантарса тата çул кăтартса пыракан хăватлă вăй

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ хăйĕн XX съездне тулли творчествăлла вăйпа, хăватлă хастарлăхпа тата çирĕп ирĕкпе, хăйĕн Центральнăй Комитечĕ тавра таччăн пĕтĕçсе тăнипе кĕтсе илчĕ. Партин шалти политикипе тулашри политикин çитĕнĕвĕсене Н. С. Хрущев юлташ тунă КПСС Центральнăй Комитечĕн отчетлă докладĕнче тарăн та тĕплĕн çутатса панă.

КПСС XIX—XX съезчĕсем хушшинче совет халăхĕ, Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе, çĕршыва социализм çулĕпе аталантарас тĕлĕшпе пысăк çитĕнÿсем турĕ. Парти хăйĕн ĕçĕнче тунă чи пысăк итогсенчен пĕри вăл советла обществăлла тата государство стройĕ малалла тĕреклениии, халăхăн моралĕ-политикăлла пĕрлĕхĕ çирĕпленни пулать.

Совет государствине малалла тĕреклетессишĕн, социализмла экономикăпа культурăна çĕнĕрен çĕклессишĕн, ĕçсыннисен материальнăй пурнăçне лайăхлатассишĕн пыракан кĕрешÿре парти хăй массăсемпе тытакан çыхăнăва тата ытларах вăйлатрĕ, халăхпа тата ытларах тăванланчĕ.

Коммунистсен партийĕ организаци енчен, идейăпа политика тĕлĕшĕнчен тата ытларах çирĕпленчĕ, унăн государство строительствинчи, çĕршывăн политикăлла, хуçалăхла тата культурăлла пĕтĕм пурнăçĕнчи ролĕ тата ытларах ÿсрĕ. Унăн пĕрлĕхĕ тата çирĕплĕхĕ нихçанхинчен те тĕреклĕрех. Пирĕн партия ленинла пĕрлĕхĕ нумай çулсем хушшинче, вунăçуллăхсенче туптанса çирĕпленнĕ. Çав пĕрлĕх троцкистсемпе, бухаринсемпе, буржуалла националистсемпе тата халăхăн ытти тискер тăшманĕсемпе, çĕршыва капитализмла строя каялла çавăрма тăрăшакансемпе кĕрешсе тĕрекленнĕ. Парти речĕсен тата унăн ертсе пыракан чăмăрĕн ленинла пĕрлĕхĕ пĕтĕм совет халăхĕн моралĕ-политикăлла пĕрлĕхĕ, марксизм-ленинизмăн çирĕп принципĕсем çинче никĕсленсе тăрать. Парти пĕрлĕхне малалла тĕреклетме парти пурнăçĕн Ленин туса хатĕрленĕ нормисене, пурнăçа малалла коллективлăн ертсе пырас принципа çĕнĕрен вăйлатни пулăшать.

Юлашки çулсенче КПСС Центральнăй Комитечĕ хăйĕн ĕçĕнче коллективлăн ертсе пырас тĕлĕшпе паха тĕслĕх кăтартрĕ, марксизм-ленинизм вĕрентĕвĕн пысăк вăйĕ çине таянса, коллективлăн ертсе пырас ĕçри ăслăлăха кăтартать. Партин Центральнăй Комитечĕ ертсе пымалли ленинла принципсене мĕнле пурнăçламаллине, пĕр е тепĕр задачăна татса панă чухне партин коллективла шухăшĕпе, парти массисен политикăлла тата организациле пысăк опычĕпе мĕнле усă курмаллине кăтартса парать. Çавна пурнăçласа пынипе Центральнăй Комитетăн ролĕ, пирĕн партие коллективлăн ертсе пыраканăн ролĕ, КПСС Центральнăй Комитечĕн Президиумĕн ролĕ, алăн ĕçлекен коллективлă органăн ролĕ калама çук нумай ÿсрĕ. КПСС Центральнăй Комитечĕн Президиумĕ партипе пĕтĕм çĕршыв пурнăçĕнчи чи пысăк ыйтусене татса парать.

Ленинла принципсемпе парти пурнăçĕн нормисене çирĕппĕн пурнăçласа пыни, партин шалти демократине, критикăпа самокритикăна вăйлатни парти организацийĕсен политикăлла активлăхне ÿстерчĕ, парти организацийĕсен массăсемпе тытакан çыхăнăвне çирĕплетрĕ тата массăсем хушшинчи влиянине хăпартрĕ. Коммунистсен активлăхĕ ÿснине, вĕсем хăйсен руководителĕсенчен ытларах ыйтнине отчетпа суйлав пухăвĕсем, районсенчи, хуласенчи, облаçсенчи парти конференцийĕсем, союзлă республикăсенчи компартисен съезчĕсем уççăн кăтартса пачĕç.

Халĕ задача çакăн пек: парти пурнăçĕн ленинла нормисене, коллективлăн ертсе пымалли принципа малашне те çирĕппĕн пурнăçламалла. Коллективлăн ертсе пырасси партин ертсе пырас ĕçри чи кирлĕ принципĕ пулса тăрать. Партин шалти демократине малашне те вăйлатмалла, çав никĕс çинче парти организацийĕсен, мĕнпур коммунистсен пуçарулăхĕпе ответлăхне ÿстермелле, вĕсем массăсемпе тытакан çыхăнăва, критикăпа самокритикăна вăйлатмалла, хуçалăхпа культурăн мĕнпур участокĕсенчи çитменлĕхсене хăюллăн палăртмалла.

Парти умĕнче, пĕтĕм çĕршыв умĕнче тăракан коммунизм строительствин пысăкран та пысăк задачисем парти организацийĕсен организаторла тата идейăлла-политикăлла ĕçне, массăсене коммунизмла воспитани парас ĕçе пур майсемпе те вăйлатма хушаççĕ.

Юлашки çулсенче парти, совет тата хуçалăх органĕсен ертсе пырас ĕçĕн стилĕпе меслетне çĕнетсе урăхлатас, парти организацийĕсем хуçалăх строительствине ертсе пырассине тĕпрен лайăхлатас тĕлĕшпе парти пысăк ĕçсем туса ирттерчĕ. Анчах çак ĕçре пирĕн пысăк çитменлĕхсем пур-ха. Нумай çулсем хушшинче пирĕн парти кадрĕсене хуçалăх строительствин практикăлла ыйтăвĕсене татса парассишĕн тивĕçлĕ ответлăха туйса ĕçлеме вĕрентменни сисĕнет. Çакă вăл хуçалăха канцелярилле-бюрократла меслетпе ертсе пырасси анлăн сарăласси патне илсе пынă. Партин нумай работникĕсем хуçалăх строительствин енĕпе организаторла ĕçсем кирлĕ пек туса ирттермеççĕ, экономикăна тĕплĕн вĕренмеççĕ, массăсене организацилес вырăнне вăхăта каласса ирттереççĕ, чĕрĕ ĕçе хутсем айне путараççĕ.

Парти кадрĕсен парти ĕçне хуçалăх ĕçĕнчен уйăрмалла мар, хуçалăха конкретлă, ĕçе пĕлсе ертсе пымалла, хуçалăх органĕсем вырăнне парти органĕсен ĕçлемелле мар, парти ĕçне массăсене организацилес тĕллевне тата вĕсене хуçалăх задачисене пурнăçлассишĕн кĕрешме хатĕр пулма воспитани парас тĕллеве пăхăнтарса тумалла.

Кадрсем суйласа илес, вĕсене воспитани парас тата вырнаçтарас ĕçе лайăхлатмалла. Кадрсем партипе государствăна ертсе пырас ĕçре татса паракан вăй пулса тăраççĕ. Хуçалăхпа культура строительствин задачисене пурнăçлас ĕçре управленипе хуçалăха тытса пымалли шкул, коммунизм шкулĕ пулса тăракан профсоюзсен, мухтавлă совет çамрăкĕсене воспитани паракан массăлла организацин—Ленинла комсомолăн рольне хăпартмалла.

Юлашки çулсенче парти идеологилле ĕçе, коммунистсене марксистла-ленинла воспитани парас, ĕçсыннисен политикăлла ăнланулăхне ÿстерес ĕçе лайăхлатас тĕлĕшпе нумай ĕçсем туса ирттерчĕ. Çак ĕçре марксизм-ленинизмран пăрăнса кайнисене вĕрешпе пысăк вырăн йышăнса тăнă. Анчах, çитĕнÿсем тунă пулин те, идеологилле ĕç, пĕтĕмĕ илсен, пире тивĕçтерме пултараймасть.

Коммунизм строительствин ÿсе пыракан задачисем идеологилле ĕçе пур енлĕн те вăйлатма, унăн идея тĕлĕшĕнчи шайне хăпартма, пурнăçпа çыхăнса тăрассине çирĕплетме, ăна хуçалăх строительствин практикине пăхăнтарма хушаççĕ. Идеологилле ĕçе, марксизм-ленинизм теорине вĕренессине тата малалла аталантарассине хавлантарнине хирĕç кĕрешсе пынă вăхăтра эпир теори çине пурнăçран уйрăлса кайнă сынсен—догматиксен куçĕпе пăхма пултараймастпăр. Практикăран уйрăлнă теори—вилĕ теори, теори çутатса пыман практика вара—суккăр. Парти пропаганди, пĕтĕм идеологилле ĕç пурнăçпа таччăн çыхăнма, ĕçсыннисен коммунизмла ăнланулăхне ÿстерме, çитменлĕхсемпе хăюллăн кĕрешме, хуçалăх задачисене практикăлла ĕçпе татса пама, социализмла экономикăна аталантарма, пирĕн çĕршывăн тĕнчери позицийĕсене малалла тĕреклетме пулăшма тивĕçлĕ. Çакă идеологилле ĕçре халĕхи вăхăтра тĕп вырăнта тăмалла.

Парти организацийĕсен коммунистсене теорие тата партин историлле опытне творчествăлла ăнланма пĕрмаях пулăшмалла. Идеологилле ĕçре тимлĕхе ÿстермелле, буржуалла идеологипе хăюллăн кĕрешмелле.

Халĕхи вăхăтра коммунистсене, пирĕн мĕнпур кадрсене марксистла-ленинла экономикăлла теорипе, промышленноçпа ял хуçалăхĕн конкретлă экономикипе хĕçпăшаллантарасси уйрăмах пысăк вырăн йышăнать. Унсăрăн халĕ хуçалăх строительствине ăнăçлăн ертсе пыма май çук.

Коммунистсен партийĕ—пирĕн саманан ăсĕ, чысĕ тата совеçĕ. Вăл ертсе пынипе совет халăхĕ пысăк çитĕнÿсем турĕ. Совет государствин хăвачĕ, унăн çирĕплĕхĕ тата пурнăçри тĕреклĕхĕ партин çĕнетсе урăхлатакан ĕçĕпе таччăн çыхăнса тăраççĕ.

Пурне те çĕнтерекен марксизм-ленинизмăн аслă вĕрентĕвĕпе хĕçпăшалланнă, массăсем хушшинчи политикăлла тата организаторла ĕçĕн пысăк опычĕпе пуянланнă, Центральнăй Комитет тавра таччăн пĕтĕçнĕ Коммунистсен партийĕ малашлăх çине хăюллăн пăхать, çĕршыва коммунизм çĕнтерĕвĕ патне ертсе пырать.

Марксизм-ленинизмăн тĕнчене çĕнетсе урăхлатакан вĕрентĕвĕн ялавĕ айĕнче, Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе—малалла, коммунизм патне!

(«ПРАВДА» хаçатăн февралĕн 20-мĕшĕнчи умстатйинчен).

### Урăх çĕршывсенчи партисен представителĕсем ячĕпе Кремльте пулнă йышăну

Февралĕн 19-мĕшĕнче Кремльте урăх çĕршывсенчи коммунистсен партийĕсен тата ытти тăванла партисен КПСС XX съездне килнĕ представителĕсен ячĕпе йышăну пулнă.

Йышăнура тăванла партисен мĕнпур представителĕсем, съезд Президиумĕн, Секретариачĕн, Редакци тата Мандат Комиссийĕсен членĕсем пулнă.

Йышăну тăванла туслă лару-тăрура иртнĕ.

Йышăну вăхăтĕнче пысăк концерт пулнă.

## СОВЕТ СОЮЗĔНЧИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИИЁН XX СЪЕЗЧĔ

# СЪЕЗД ДНЕВНИКĔ

### Февралĕн 18-мĕшĕнчи ирхи лару

Февралĕн 18-мĕшĕнчи ирхи ларăва **Б. Гафуров** юлташ председатель пулса ертсе пынă. Ларура КПСС Центральнăй Комитечĕпе Центральнăй Ревизи Комиссийĕн отчетлă докладĕсене малалла сÿтсе явнă.

**И. Г. Кэбин** юлташ (Эстони парторганизацийĕ) çапла каланă: КПСС Центральнăй Комитечĕ партин ленинла тĕп çул-йĕрне—йывăр индустрие ытларах аталантармалли, ун никĕсĕ çинче вара халăх хуçалăхĕн мĕнпур отраслĕсене хăвăрт вăйлатмалли çул-йĕре çине тăрса пурнăçласа пычĕ.

Малалла Кэбин юлташ колхозсене лайăх организаторсемпе, хуçалăх работникĕсемпе çирĕплетес тĕлĕшпе Эстонири Коммунистсен партийĕ туса ирттернĕ ĕçсем çинчен каласа панă. Вĕсем пулăшнипе ĕçе организацилесси лайăхланнă, колхозниксен ĕçри активлăхĕ ÿснĕ, 1955 çулта ялхуçалăх продукчĕсем хатĕрлемелли плана срокчен тултарнă.

КПСС Центральнăй Комитечĕн отчетлă докладĕнче тĕрлĕрен çĕршывсем капитализмран социализма тĕрлĕ майпа куçса пыни çинчен тăракан ыйтăва тĕплĕн çутатса панă. Ку ыйту çинчен сăмах хускатса, Кэбин юлташ Эстонири ĕçсыннисем çак республикăра совет влаçĕ туса хурас задачăна мĕнле пурнăçлани çинчен каланă.

Трибуна çинче—**Энвер Ходжа** юлташ. Ăна делегатсемпе хăнасем ăшшăн кĕтсе илнĕ.

— Албанири Ĕçлĕх партийĕпе пĕтĕм Албани халăхĕ,—тенĕ вăл,—пирĕн делегацие Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX съездне тата тăванла совет халăхне чи хĕрÿллĕ революцилле салам калама хушса ячĕç. Албани халăхĕ хăйĕн ирĕклĕхĕшĕн паттăррăн кĕрешрĕ, ĕмĕрхи чуралăхран хăтăлчĕ, халĕхи вăхăтра вăл, марксизм-ленинизмăн пурне те çĕнтерсе пыракан идейисем тăрăх ĕçлесе, аслă Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕпе совет çĕршывĕнчи халăхсем пулăшнипе социализм тăвать.

Эпир çапла шутлатпăр: Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX съезчĕ пирĕншĕн пысăк шкул пулса тăрать, тенĕ Энвер Ходжа. Хрущев юлташ туса панă доклада эпир çав тери тимлĕн тата савăнса итлерĕмĕр. Социализм лагерĕнчи çĕршывсен халăхĕсемпе аслă Совет Союзне çирĕп туслăх çыхăнтарса тăрать. Ку халăхсем çакна лайăх пĕлеççĕ: çирĕп улттăмĕш пилĕк çуллăх план вăл эпир çутă çулпа малалла, коммунизм патне пынине кăна мар, эсир пирĕн çĕршывсене пур енĕпе те тĕреклетсе, аталантарса пырас ĕçе питĕ пысăк вăй хунине те кăтартса парать. Совет Союзĕ—пĕтĕм тĕнчене питĕ пысăк влияни паракан, мире юрататакан хăватлă вăй.

Албанире помещиксемпе капиталистсен власне пĕтернĕ хыççăн халăх демократи строĭĕ туса хунăранпа пулса иртнĕ пысăк улшăнусем çинчен Энвер Ходжа юлташ каласа панă. Албанире техника ĕçĕн çĕнĕ кадрĕсене ÿстерсе çитĕнтернĕ, кучухехи промышленность туса хунă. Унта çĕнĕ гидроэлектростанцисем туса лартнă тата халĕ те тăваççĕ, шурлăхсемпе кÿлĕсене типĕтеççĕ, тырпул акса тăвакан çĕр лаптăкĕсене нысăклатаççĕ, ялхуçалăх продукцийĕ туса илесси ÿсе пырать. Пирĕн хресченсем, тенĕ Энвер Ходжа, коллективизаци çулĕпе шанчăклăн пыраççĕ. Пирĕн халăх паттăррăн тăрăшса ĕçленипе, Совет Союзĕ тата халăх демократи çĕршывĕсем пулăшнипе паян ĕнтĕ халăхăн ĕнерхи мĕнпур ĕмĕчĕсем пурнăçланчĕç. Эпир хамăрăн пĕррремĕш пилĕк çуллăх плана ăнăçлă тултартăмăр. 1945 çулта пирĕн çĕршывра халăхăн 80 проценчĕ ытла хут пĕлмен, халĕ ĕнтĕ 40 çултан иртмен çынсем хушшинче хут пĕлменнисем пĕтернĕ.

— Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ вăл,—тенĕ хăйĕн сăмахне вĕçлесе Энвер Ходжа юлташ,—пире вĕрентекен тăван анне, вăл—пĕтĕм тĕнчери коммунистсен партийĕсемпе рабочисен партийĕсен çулне çутатса тăракан маяк, вăл—хĕвел çути, эпир Ленинăн аслă партине чунтан юрататпăр, çак юратăва куç шăрçи пек упратпăр. Совет Союзĕнчи хаклă юлташсем, пирĕн çĕршыва пĕрмаях пулăшса пынăшăн сире пирĕн халăх ĕмĕр-ĕмĕрех тав тăвĕ!

Унтан **Цой Ен Ген** юлташ тухса каланă. Ăна съезд участникĕсем нумайччен алă çупса кĕтсе илнĕ.

Корейăри Ĕçлĕх партийĕн Центральнăй Комитечĕ хушса янипе вăл КПСС XX съездне, Совет Союзĕнчи мĕнпур коммунистсене, çавăн пекех пĕтĕм совет халăхне хĕрÿллĕ салам каланă.

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX съезчĕ, тенĕ Цой Ен Ген юлташ, совет халăхĕн пурнăçĕнче çеç мар, малта пыракан пĕтĕм этемлĕх пурнăçĕнче те историлле пĕлтерĕшлĕ событи пулса тăрать. Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕпе совет халăхĕ тунă историлле çĕнтерÿсем вĕсем—пĕтĕм тĕнчери простой çынсен пурнăçа кĕнĕ чи хаклă ĕмĕчĕсем.

Совет халăхĕн хĕçпăшаллă вăйĕсем Корея халăхне Японин империализмĕн пусмăрĕнчен ирĕке кăларчĕç. Халĕ совет халăхĕ Корея халăхне çĕнĕ пурнăç тăвас ĕçре пулăшать. Халĕхи вăхăтра Корея халăхĕ, аслă совет халăхĕнчен çав тери пысăк пулăшу илсе, çавăн пекех Китай халăхĕпе халăх демократи çĕршывĕсенчи халăхсенчен тăванла пулăшу илсе, хăйĕн вăрçă аркатса хăварнă халăх хуçалăхне хăвăртрах юсаса çитерессишĕн кĕрешме çĕкленчĕ.

Пирĕн тăван çĕршыв, тенĕ малалла Цой Ен Ген, пĕрлешеймерĕ-ха, пирĕн наци икĕ пая уйрăлса тăрать-ха. Пирĕн тăван çĕршыва мирлĕн пĕрлештерессине хирĕç тăракан Америка империалисчĕсемпе Ли Сын Манăн сутăнчăк ушкăнĕ агрессилле вăрçă пуçлас политика тытса пыраççĕ. Корейăри Ĕçлĕх партийĕпе Корея халăхĕ хăйĕн тăван çĕршывне мирлĕн пĕрлештерессишĕн, унăн никама пăхăнманлăхĕшĕн кĕрешессĕ. Çав кĕрешÿре йывăрлăхсемпе чăрмавсем нумай. Анчах та çакă вăл Корея халăхĕн хăй çĕнтерес шанчăкне, унăн кĕрешÿри хастарлăхне хавшатма пултараймасть.

Хăйĕн сăмахне вĕçлесе Цой Ен Ген юлташ çапла каланă:

— Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ пухнă пысăк та паха опыт Корейăри Ĕçлĕх партийĕшĕн, коммунистсен тата рабочисен ытти партийĕсемшĕн паха руководство пулса тăрать. КПСС XX съезчĕн решенийĕсене пирĕн парти тĕплĕн вĕренĕ, вĕсем пирĕн пĕтĕм ĕçре творчествăлла палăрĕç.

Унтан **В. М. Молотов** юлташ сăмах тухса каланă.

Малалла **С. Д. Игнатьев** юлташа (Пушкăрт парторганизацийĕ) сăмах параççĕ. Съезд умĕн пулса иртнĕ парти пухăвĕсем, районсенчи, хуласенчи тата облаçсенчи конференцисем, союзлă республикăсенчи коммунистсен партийĕсен съезчĕсем, çавăн пекех ĕçсыннисен пухăвĕсем, тенĕ вăл, çакна кăтартса пачĕç: XX съезда пирĕн партие пĕтĕм халăх партин Центральнăй Комитечĕпе Совет правительстви тавра татах та тачăрах пĕтĕçсе кĕтсе илчĕç.

Пирĕн çĕршывăн хуçалăхпа культура строительствинчи çитĕнĕвĕсем çинчен каласа, оратор Пушкăрт республикин пурнăçĕнчи фактсене илсе кăтартать. Пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхра республикăра промышленность продукцийĕн хисепĕ икĕ хут ытла ÿснĕ, нефть кăларасси—2,7 хут, нефтьрен тĕрлĕ продуктсем тăвасси—4 хута яхăн, электроэнерги туса кăларасси—2,9 хут. Иртнĕ çул республикăри нефтяниксем плана 105 процент тултарнă. 1955 çулта нефть кăларас тĕлĕшпе Пушкăрт республики Совет Союзĕнче пĕррĕмĕш вырăна тухнă. Улттăмĕш пилĕкçуллăхра республикăра нефть кăларасси, иртнĕ çулхипе танлаштарсан, 2,2 хут ÿсет.

Игнатьев юлташ çакна палăртать: республикăри нефть промышленноçĕн ĕçĕнче çитĕнÿсемпе пĕрлех çитменлĕхсем те пурха. Нефть кăларнă чухне тухакан газна усă курманни пысăк çитменлĕх пулса тăрать. Нефть промышленность министерствин çак газа пухакан тата унран тĕрлĕ продуктсем туса кăларакан предприятисем лартас ĕçе хăвăртлатмалла. Оратор çавăн пекех Нефть промышленность предприятийĕсем тăвакан министерствăна чылай критиклесе каланă. Çак министерство нефть кăлармалли çĕнĕ вырăнсенчи строительство ĕçĕсене çителĕксĕр туса пырать.

Трибуна çинче—**Г. И. Жуков** юлташ (Мускав парторганизацийĕ).

XX съезда Хĕçпăшаллă Вăйсен личнăй составĕ, пĕтĕм совет халăхĕ пекех, тенĕ вăл, хăйĕн тăван Коммунистсен партийĕ тавра тачă пĕтĕçсе кĕтсе илчĕ. Совет воинĕсем — хăйсен халăхне чун-чĕререн пăрăнми çынсем, вĕсем юратнă Тăван çĕршыва хÿтĕлес тĕлĕшпе хăйсен тивĕçне чыслăн пурнăçлама яланах хатĕр тăраççĕ.

Пирĕн партипе правительство, тенĕ вăл, мире сыхласа хăварас, халăхсен пĕр-пĕрне шанса пурăнассине, вĕсен туслăхне çирĕплетес тесе, мĕн кирлине пĕтĕмпех тăваççĕ. Совет правительстви ССР Союзĕн Хĕçпăшаллă Вăйĕсен йышĕнчен 640.000 çын чакарасси çинчен йышăннă решение Оборона министерстви тĕп-тĕрĕс тата вăхăтра пурнăçларĕ. Çакăнпа пĕрлех правительство 1956 çулта çар расходĕсене 10 миллиард тенке яхăн пĕчĕклетрĕ. Порт-Артурпа Порккала-Удри çар базисенчен пирĕн çарсене илсе тухнă. Ку çарсене салатса янă. Совет Союзĕнчен пример илсе, халăх демократи çĕршывĕсем — Польша, Чехословаки, Венгри, Румыни, Болгари тата Албани хăйсен хĕçпăшаллă вăйĕсен йышĕнчен 180.000 çын чакарчĕç. Çарсем пурте ĕнтĕ вăй мĕне пĕлтереççĕ: Совет Союзĕпе халăх демократи çĕршывĕсем тĕнчери йывăр лару-тăрăва çăмăллатма сăмахпа мар, ĕçре мерăсем йышăнаççĕ.

Анчах та, тенĕ оратор, совет халăхĕ çакна шута илмесĕр тăма пултараймасть: тĕнчери çĕршывсем пĕр-пĕрне килĕштерсе ĕçлесе пурăнмалла тăвас политика агрессилле ушкăнсен кăмăлне каймасть, вĕсем ăна хирĕç тăраççĕ. Тĕнчери лару-тăру кăштах çăмăлланчĕ пулсан та, капитализмла пысăк çĕршывсен хăйсен хĕçпăшаллă вăйĕсене чакармарĕç. Вĕсем хăйсен çар блокĕсене пысăклатас, çар бюджечĕсене ÿстерес татах та ытларах хĕçпăшалланас тĕлĕшпе çав-çавах нумай вăй хурса тăрăшаççĕ. Америкăпа Англири власра тăракан ушкăнсем Хĕвеланăç Германи çарне хăвăртрах хĕçпăшаллантарма, çав шутра атомлă хĕçпăшалпа та хĕçпăшаллантарма укса шеллесе тăмаççĕ. Хĕвеланăç Германире агрессилле вăйсене çĕнĕрен аталантарса ÿстереççĕ. Инçетри Хĕвелтухăçĕнче Японин милитаризмне çĕнĕрен çĕклентерме тăрăшаççĕ. Ют территорисенче США-н çар базисем пурри тĕнчери лару-тăрăва йывăрлатакан тепĕр пысăк сăлтав пулса тăрать. Америкăн политикăпа çар деятелĕсем час-часах çапла калаççĕ: Америка стратегийĕ атомлă хĕçпăшалпа усă курни çинче никĕсленсе тăмалла, теççĕ.

Совет Союзĕ, тенĕ малалла оратор, никама та юнамасть, никама та тапăнма хатĕрленмест. Анчах та хĕçпăшаллă вăйсене чакарасси тата атомлă хĕçпăшала чăрса лартасси çинчен килĕшÿ туман-ха, çавăнпа та çирĕп мир пулассине шанса тăма çук-ха. Çакна май ирĕксĕрех ĕнтĕ пирĕн хамăрăн Тăван çĕршыва шанчăклăн хÿтĕлеме пултаракан хĕçпăшаллă вăйсем тытса тăма тивет, пире тăшмансен нимĕнле провокацийĕ те кĕтмен çĕртен килсе ан тивтĕр.

Жуков юлташ çапла каланă: партипе правительство хамăрăн çĕршывăн оборона хăватне ÿстерессишĕн пĕрмаях тăрăшнине пула Совет Союзĕн Хĕçпăшаллă Вăйĕсене тĕпренех урăхлатса çĕнетнĕ, пахалăх тĕлĕшĕнчен вĕсем Аслă Отечественнăй вăрçă чăрăннă вăхăтра пулнă шайран нумай малла иртсе кайрĕç. Халĕ вĕсен атомлă тата термоядернăй хĕçпăшал, тĕрлĕ йышши хăватлă ракетăллă тата реактивлă хĕçпăшал, çав шутра инçете вĕçсе каякан ракетăсем пур. Вĕсен аллинче халĕ агрессорсем тапăнас-мĕн пулсан умма тухса тăракан кирек мĕнле задачăна та пурнăçлама пултаракан чи лайăх реактивлă авиаци пур.

Пирĕн Хĕçпăшаллă Вăйсемпе çарсем вĕсем, тенĕ юлашкинчен Жуков юлташ, хăйсен халăхĕсен çутă малашлăхĕшĕн кĕрешекен, хăйсен халăхĕсен интересĕсене пурнăçа шеллемесĕр хÿтĕлеме хатĕр тăракан воинсен чăн-чăн тăванла тата туслă çемйи пулса тăраççĕ. Çакăнта ĕнтĕ пирĕн вăй, çавăнпа ĕнтĕ эпир капитализм лагерĕн хĕçпăшаллă вăйĕсенчен маата тăратпăр.

— Н. С. Хрущев юлташăн докладне эпир пурсăмăр та питĕ тимлĕ итлерĕмĕр,—тенĕ **Н. М. Кузьмин** юлташ (Мускав парторганизацийĕ).—Докладра пирĕн çĕршывăн çитĕнĕвĕсене, простой совет çыннин ĕмĕчĕсемпе шанчăкĕсене çав тери уççăн палăртнă. Икĕ кун каялла,—тенĕ вăл малалла,—пирĕн «Красный пролетарий» заводра пысăк митинг пулчĕ. Унта рабочисем, инженерсем тата служащисем партин Центральнăй Комитечĕпе правительствăна совет çыннисемшĕн тăрăшнăшăн тав тума йышăнчĕç. Вĕсем тав туни çинчен съезд трибуни çинчен пĕлтерме тÿрĕ килнĕшĕн эпĕ питĕ телейлĕ.

Палла токарь-скоростник малалла хăйĕн ĕçĕ çинчен каласа панă. Производство технологине лайăхлатса пырса тата станокăн пĕтĕм хăвачĕпе усă курса, тенĕ вăл, эпĕ пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхра 25 çуллăк нормине тултарма пултартăм.

«Красный пролетарий» завод «1-К-62» маркăллă çĕнĕ токарно-винторезнăй станок туса кăларма тытăнни çак предприяти техника прогресĕн ĕçне самаях пысăк вăй хунине пĕлтерет. Ку станок пысăк хăватлă, ун çине автоматсемпе тĕрлĕ приспособленисем вырнаçтарса лартнă. Çакă вăл рабочисен ĕçне чылай çăмăллатать.

Малалла Кузьмин юлташ заводсене кооперацилес ĕçри çитменлĕхсемпе литейнăй ĕçри çитменлĕхсене кăтартса панă.

— Пирĕн Коммунистсен партийĕ халăх пурнăçне лайăхлатас, Тăван çĕршыва вăйлатас тĕлĕшпе палăртса хунă пысăк плансем,—тенĕ юлашкинчен оратор, — пире пурсăмăра та ĕçре çĕнĕ çитĕнÿсем тума хавхалантараççĕ. Татах та лайăхрах ĕçлес килет.

**З. Т. Сердюк** юлташ (Молдаван республикинчи парторганизаци) çапла каланă: отчетлă тапхăрта Коммунистсен партийĕн пĕрлĕхĕ çирĕпленчĕ, пирĕн партипе Совет государствин коллективлă руководителĕ пулса тăракан Центральнăй Комитетăн организаторла ролĕ ÿсрĕ.

Сердюк юлташ ялхуçалăхне вăйлатас ĕç ыйтăвĕсем çинче чарăнса тăнă.

Молдаван республики кукуруза акса тăвакан çĕр лаптăкĕсене ÿстерес, ăна пăхса çитĕнтерессине лайăхлатас тĕлĕшпе чылай ĕçсем туса ирттернĕ. Çакна май выльăх-чĕрлĕх валли апат çителĕклĕ хатĕрлесе хунă, выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхĕ те чылай ÿснĕ. Республикăри колхозсен 1957 çултах ĕнтĕ çĕнĕ пилĕкçуллăхăн юлашки çулĕ валли палăртса хунă чухлĕ сĕт суса илме тата государствăпа памa май пур.

**С. А. Товмасян** юлташ (Армени парторганизацийĕ) çакна палăртнă: совет халăхĕ хăйĕн кĕрешÿре тĕрĕсленнĕ авангарчĕн—Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕпе унăн Центральнăй Комитечĕн ĕçĕне тĕп çул-йĕрне тивĕçлипех савăнса ырлать.

Партин ленинла наци политикине пĕр пăрăнмасăр пурнăçласа пыни, нацилле республикăсемшĕн тăрăшни тата КПСС Центральнăй Комитечĕпе Совет правительствин вăрçă хыççăнхи пулăшăвĕ, тенĕ оратор, союзлă республикăсен экономикипе культурине хăвăрт ÿстерме май пачĕç. Армени промышленноçĕ пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана срокчен тултарчĕ. 1940 çулхипе танлаштарсан, республика промышленноçĕ пилĕк хута яхăн ÿсрĕ. Пилĕкçуллăх вăхăтĕнче, уйрăмах юлашки икĕ çул хушшинче, ялхуçалăх продукчĕсем—аш-какай, сĕт, çăм, пахча çимĕç, виноград, табак туса илесси чылай ÿсрĕ. Армян халăхĕн культури вăйланса чечекленчĕ.

— Армян халăхĕ, — тенĕ Товмасян юлташ,—хăйĕн çитĕнĕвĕсемшĕн тивĕçлипех савăнать, вăл Совет влаçĕ çĕнсе илнисене куç шăрçи пек упрать. Армени ирĕклĕхĕ армян халăхĕн тăшманĕсен, империалистсемпе вĕсен агенчĕсен кăмăлне каймасть. Америка разведчикĕсем Совет çĕршывĕн чиккисем патĕнче йăпшăнса çÿреççĕ, Арарат тăвĕ çине, «Ной киммине» шырама имĕш, хăпараççĕ, пирĕн территорие сывлăш шарĕсем çинчи фотоаппаратсемпе ÿкерсе илесçĕ.

Анчах та кăлăхах аппаланаççĕ вĕсем: армян халăхĕ Америка колонизаторĕсене, Турци султанĕн палачĕсене тата дашнак-авантюристсене ытла та лайăх астăвать. Совет халăхĕсен тăванла çемйинче армян халăхĕ телейлĕ пурнăç тăвать.

Юлашкинчен Товмасян юлташ çапла каланă: Армени парторганизацийĕпе армян халăхĕ Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн политикăлла çул-йĕрĕпе ĕçĕсене пĕтĕмпех ырлаççĕ, Арменири Коммунистсен партийĕпе армян халăхĕ, XX съезд решенийĕсене чылай пурнăçлас тесе, пĕтĕм вăй-хала хурса тăрăшĕç. (ТАСС).

### Февралĕн 18-мĕшĕнчи каçхи лару

КПСС XX съезчĕн каçхи ларăвне **Ф. Р. Козлов** юлташ председатель пулса ертсе пынă. Чи малтан **О. В. Куусинен** юлташа (Карело-Финн парторганизацийĕ) сăмах панă.

Халĕ тĕнче аренинче, тенĕ вăл, историлле питĕ пысăк процесс пулса пырать — халăх массисем тата чылай халăхсем пĕтĕмĕшпех империализм сферинчен тухса, империализма хирĕç тата миршĕн кĕрешмелли позицисем çине куçса пыраççĕ. Совет Союзĕпе Китай Халăх Республики ертсе пыракан лагерĕн — социализмăн пысăк лагерĕн туссем, хăйсен пурнăç интересĕсене кура пирĕн партин пĕтĕм тĕнчери политикипе пĕр шухăшлă пулса ĕçлекен туссем, пур çĕршывсенче те кунсеренех нумайланса пыраççĕ. Çак политика вăл — ленинла аслă политика, догматизмпа доктринерстворан ирĕклĕ политика.

Малалла Куусинен юлташ Совет государстви тĕнчери лару-тăрăва çăмăллатассишĕн, икĕ система пĕр-пĕринпе мирлĕ пурăнмалла тăвассишĕн яланах çине тăрса кĕрешни çинчен каланă.

Хрущев юлташ хăйĕн докладĕнче кучухнехи тапхăрта вăрçă пулмалла мар тума май пурри çинчен тăракан ыйту тĕлĕшпе пирĕн парти йышăннă çĕнĕ позици çинчен каласа пачĕ. Çак позицие эпир, тенĕ Куусинен юлташ, питĕ кăмăлласа кĕтсе илтĕмĕр. Вăл халĕхи вăхăтри лару-тăрупа пĕтĕмпех килĕшсе тăрать, вăл мир ĕçĕшĕн кĕрешме пулăшса пырĕ.

Унтан Вьетнамри ĕçсыннисен партийĕ ячĕпе **Чьюнг Тинь** юлташ саламлă сăмах тухса каланă. Ăна делегатсемпе хăнасем ăшшăн кĕтсе илнĕ.

Ленин ертсе пынипе Октябрьти Социализмла Аслă революци çĕнтерÿ турĕ, тенĕ вăл. Çак çĕнтерÿ ытти колонилле тата сурма колонилле мĕнпур халăхсене вăратнă пекех, Вьетнам халăхне те вăратрĕ, вăл Вьетнамри рабочи класпа пĕтĕм Вьетнам халăхне хăйĕн ирĕклĕхĕшĕн кĕрешмелли, çĕнĕ пурнăç тумалли çула кăтартса пачĕ. Совет Союзĕ, Китай тата халăх демократи çĕршывĕсем, çавăн пекех пĕтĕм тĕнчери мире юрататакан халăхсем Вьетнам халăхĕн ирĕклĕхшĕн пыракан вăрçине чунчĕререн ырă сунчĕç. Халĕхи вăхăтра Совет правительствипе пĕтĕм совет халăхĕ Вьетнам халăхне хăйĕн хуçалăхне юсас тата культурăна ÿстерес ĕçре тÿрĕ кăмăлпа пулăшса пыраççĕ. Индо-Китайри мире çирĕплетес тата Вьетнама пĕрлештерес тĕлĕшпе Женевăри канашлу йышăннă решенисене тĕп-тĕрĕс пурнăçлассишĕн пуçласа янă кĕрешÿре ăна активлăн пулăшаççĕ.

Чьюнг Тинь юлташ КПСС XX съездне саламласа Вьетнамри ĕçсыннисен партийĕн Центральнăй Комитечĕ янă, парти председателĕ Хо Ши Мин юлташ алă пуснă çырăва вуласа панă.

Рабочи класпа пĕтĕм Вьетнам халăхĕ ячĕпе, — тенĕ саламлă çырура,—эпир Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX съездне тăванла хĕрÿллĕ салам яратпăр.

Совет Союзĕ мирлĕ строительствăра тата халăхсем хушшинчи туслăха аталантарса çирĕплетес ĕçре, туйă çитĕнÿсем марксизм-ленинизмăн пурне те çĕнтерсе пыракан вăйне кăтартса параççĕ. Çак çитĕнÿсем пĕтĕм тĕнчери ĕçсыннисене хавхалантарса пыраççĕ, вĕсен мĕнпур йышши эксплуатацирен ирĕке тухас шанчăкне çирĕплетеççĕ, колонисенчи тата пăхăнса тăракан çĕршывсенчи халăхсен, ют çĕршыв империализмĕн пусмăрĕнчен ирĕке тухассишĕн кĕрешекен халăхсен, вăйĕсене ÿстереççĕ.

Вьетнамри ĕçсыннисен партийĕпе пĕтĕм Вьетнам халăхĕ Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX съезчĕ çине çав тери хавхаланса пăхаççĕ, мирлĕ, пĕрлĕхлĕ, никама пăхăнмасăр пурăнакан, демократилле тата вăйланса чечекленекен Вьетнам туса хурассишĕн пыракан кĕрешÿре çак съезд Вьетнам халăхне çĕнĕ вăй паракан çăлкуçĕ пулассине шанса тăраççĕ.

Унтан **Л. М. Каганович** сăмах тухса каланă.

Великобританири Коммунистсен партийĕ ячĕпе **Г. Поллит** юлташ тухса каланă. Ăна нумайччен алă çупса кĕтсе илнĕ. Съезд социализмăн чаплă çитĕнĕвĕсене палăртнă май, коммунизм патне пыракан совет халăхĕ хăй умне татах та аслăрах задачăсем лартнă май, эпĕ савăнса салам калатăп, тенĕ вăл.

Англири Коммунистсен партийĕ, тенĕ Г. Поллит юлташ, рабочи класа тачă пĕтĕçтерессишĕн кĕрешет, унăн пысăк хăвачĕпе мир политикишĕн тата общество прогресĕшĕн пыракан кĕрешÿре усă курассишĕн яланах тăрăшать. Эпир çакна шанса тăратпăр: пирĕн партин март уйăхĕнче пулакан съезчĕ парти ĕçне лайăхлатма нумай пулăшĕ, пирĕн сывăхри требовани те, çавăн пекех пирĕн программăна та — «Британин социализм патне пымалли çулне» — татах та нумайрах çынсем ырласа йышăнĕç.

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX съездĕнче, тенĕ Г. Поллит, эпĕ 1947 çулта, «сивĕ вăрçă» пуçланнă вăхăтра, хурçă шăратакан пысăк центрта — Шеффилдра тунă заявление çĕнĕрен калатăп: «Англири рабочисем Совет Союзне хирĕçле вăрçа нихçан та хутшăнас çук».

Эпир, тенĕ юлашкинчен оратор, халăх Китайĕпе, халăх демократи çĕршывĕсемпе, Демократиллĕ Германи Республикипе пĕрле, аслă Инди халăхĕпе, капитализмла тата колонилле çĕршывсенчи мире юрататакан мĕнпур халăхсемпе пĕрле Совет Союзĕ вăрçă вучĕ чĕртекенсен планĕсене путлантарса лартма, пĕтĕм халăхăн чи хаклă ĕмĕтне пурнăçлама — çирĕп мир тума пултарасса шанса тăратпăр.

Унтан КПСС XX съездне Югославири Коммунистсен союзĕ тата Ĕçхалăхĕн социализмла союзĕ ячĕпе Тито юлташ янă саламлă çырăва вуласа панă.

Февралĕн 20-мĕшĕнче съезд малалла ĕçленĕ. (ТАСС).

## СОВЕТ СОЮЗĔНЧИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙĔН XX СЪЕЗЧĔ

# А. И. Кириченко юлташ сăмахĕ

Юлташсем! КПСС Центральнăй Комитечĕн отчетĕнче Совет Союзĕн шалти тата тĕнчери лару-тăрăвне марксистла-ленинла тарăн анализ тунă, Коммунистсен партийĕ тата унăн ленинла Центральнăй Комитечĕ ертсе пынипе совет халăхĕ тунă историлле пысăк çĕнтерӳсен итогне палăртнă.

Центральнăй Комитетăн отчечĕ теориле тарăн содержаниллĕ, унта кучухнехи историлле условисенче коммунизм строительствин пысăк ыйтăвĕсене наукăлла никĕслесе панă, Центральнăй Комитет хăйĕн ĕçне тишкерсе тĕрĕс хакланă, пирĕн ĕçри ситменлĕхсене палăртнă тата вĕсене пĕтермелли майсене кăтартса панă.

КПСС Центральнăй Комитечĕн отчетлă докладĕнче Н. С. Хрущев юлташ Совет государствин пурнăçĕпе аталанăвĕн мĕнпур тĕп енĕсене çутатса, пирĕн çĕршывра коммунизм туса çитермелли малашнехи кĕрешӳ программине — чăннипех те пысăк, чăннипех те аслă программăна палăртса хучĕ.

Пирĕн парти тунă ĕçсен итогĕсене тĕпĕн тишкерсе, совет халăхĕ, Коммунистсен партийĕ, Центральнăй Комитет ертсе пынипе ĕçлесе, Тăван çĕршыва Ленин кăтартса панă çулпа илсе пынине, вăл коммунизм строительствин программине пурнăçлас тĕлĕшпе хăйĕн пĕтĕм революцилле хастарлăхне, шухăш-кăмăлне, организаторла пултарулăхне панине куллен-кун курса ĕненет.

Коммунистсен партипе Совет государствине туса хунă Владимир Ильич Ленин пирĕн коммунизмăн пыракан кĕрешĕвĕн ăнăçлăхĕ Совет Союзĕн хуçалăх строительствинчи çитĕнĕвĕсенчен килнине кăтартса панă. «Çак ĕçре,—тенĕ Ильич,—кĕрешӳ пĕтĕм тĕнче талккăшне куçнă. Çав задачăна пурнăçласан, пĕтĕм тĕнчери кĕрешӳре эпир чăннипех те татăклăн çĕнтерĕпĕр. Çавăнпа та ĕнтĕ пирĕншĕн хуçалăх строительствин ыйтăвĕсен пĕлтерĕшĕ питех те пысăк» (32 т., 413 стр.).

Партин XIX съезчĕ хыççăнхи тапхăр хуçалăхăн асăрхан та аслă задачисене, коммунизм строительствин задачисене партипе, вĕсене йĕркеллĕн пурнăçласа пынипе палăрса тăрать.

Çав задачăсене ăнăçлăн пурнăçлас ĕçре пирĕн парти Центральнăй Комитечĕ промышленность, ялхуçалăхĕ, строительство, халăх хуçалăхĕн тата ытти отраслĕсен енĕпе йышăннă пысăк решенийĕсен питĕ пысăк пĕлтерĕшлĕ вырăн йышăнса тăрассĕ.

Отчетлă докладра пирĕн çĕршывăн социализмла экономикипе культурине малалла аталантарас тĕлĕшпе тунă чаплă çитĕнӳсене кăтартса панă. Ялхуçалăхĕ çинчен калас пулсан, уйрăммăнах çакна палăртмăлла: халичченех çăхалмасăр тата усă курмасăр выртнă вунишер миллион гектар çĕрсем халăха пирвайхи хут пысăк усă кӳме пуçланă, юлашки ик-виçĕ çул хушшинче тырă, аш-какай, сĕт-çу, ялхуçалăхĕн ытти продукцийĕсене туса илессине ӳстерес тĕлĕшпе малалла пысăк утăм тунă.

Отчетлă тапхăр çавăн пекех пирĕн партин идеологилле ĕçĕ малалла вăйланине палăрса тăрать. Центральнăй Комитет марксистла-ленинла теори тасалăхĕшĕн, социализмла идеологин позицийĕсене çирĕплетессишĕн кĕрешнĕ, кĕрешет те, коммунистсене тата мĕнпур ĕçсынинисене идейăллă воспитани парассишĕн ывăнма пĕлмесĕр тăрăшать.

Хăйĕн ĕçĕнче марксизм-ленинизм вĕрентĕвĕн аслă пуянлăхĕ çине таянса, наукăна практикăн çĕнĕ çитĕнĕвĕсене, историлле çĕнĕ условисене, пирĕн партин тата мĕнпур çĕршывсенчи тăванла коммунистсен партийĕсен опытне шута илсе, Центральнăй Комитет марксистла-ленинла теорие малалла аталантарать тата пуянлатать, çĕршывăн шалти тата тĕнчери лару-тăрăвĕн чи кăткăс ыйтăвĕсене хăвалăн та çирĕппĕн хартса татса парать.

Центральнăй Комитетăн отчетлă докладне çак енчен илсе пăхсан, марксизм-ленинизм теорийĕне творчествăллă усă курни палăрать, икĕ система ыйрăн пурăнасси çинчен, кучухнехи тапхăрта вăрçăсем пулмалла мар тума май пурри çинчен, тĕрлĕрен çĕршывсем социализма куçса пынин формисем çинчен тăракан, çавăн пекех тĕнчери рабочи тата коммунизмла юхăмăн калама çук пысăк пĕлтерĕшлĕ ытти ыйтусене теори тĕлĕшĕнчен малалла тарăнăн аталантарни яр-уççăн палăрса тăрать.

Центральнăй Комитет партин XX съездне туса панă отчетлă докладра кăтартса панă положенисем, съездăн решенийĕсем, Центральнăй Комитетăн январьти, июльти тата ытти Пленумĕсен решенийĕсем творчествăлла марксизм-ленинизмăн арсеналне кĕрсе юлассĕ, вĕсем коммунизм строительствин практикăлла ыйтăвĕсене теори тĕлĕшĕнчен тарăнăн татса панă тĕслĕх, теорипе экономика тĕлĕшĕнчен пысăк пĕлтерĕшлĕ программăллă документсем пулса тăрассĕ.

КПСС XIX тата XX съезчĕсен хушшинчи тапхăрта партипе халăхăн пĕрлĕхĕ тата ытларах çирĕпленнĕ, пирĕн Тăван çĕршывăн питĕ хăватлă вăйĕсем — рабочи класпа хресченсен союзĕ, совет халăхĕсен аслă туслăхĕ тĕреклененĕ, хуçалăхăн социализмла системи тата ытларах çирĕпленнĕ, совет çынисен материальнăй пурнăçĕ лайăхланнă, культури ӳснĕ.

Массăсемпе çыхăну тытассине тăтăшах çирĕплетсе пырса, пирĕн парти совет халăхĕн шухăш-кăмăлне, вăл мĕн кĕтнине тата ĕçри туртăмĕсене тĕрĕс палăртса тăрать. Ултăмĕш пилĕкçуллăх тĕлĕшпе паракан Директивăсен проекчĕ совет халăхĕн пурне, унăн тĕп интересĕсене тӳрĕммĕн çĕнĕрен палăртни пулса тăрать. Çак историлле программа Совет çĕршывĕн унăн мĕнпур нацилле республикисен экономикине тата культурине малалла хăватлăн аталантарма май парать.

Юлташсем! Эпир пирĕн парти юлашки çулсенче хăйĕн ретĕнчи пĕрлĕхне тата ытларах çирĕплетнине, генеральнăй çулйĕршĕн кĕрешес ĕçре хăйĕн пултарулăхне ӳстернине пурте куратпăр тата пĕтĕм кăмăлтан савăнса палăртатпăр, ертсе пырас тĕлĕшпе Ленин туса хатĕрленĕ принципсене парти мĕнле çирĕппĕн те йĕркеллĕн пурнăçласа пынине куратпăр.

Хăйĕн нумай енлĕ ĕçĕсенче Центральнăй Комитет коллективлăн ертсе пымалли принципа пĕр пăркаланмасăр пурнăçласа пырать. Çакă вăл пирĕн Центральнăй Комитета кулленхи питех те кирлĕ задачăсене тĕрĕс те вăхăтра палăртма, вĕсене пурнăçлас ĕçе партипе халăхăн вăйне мобилизацилеме май парать.

Центральнăй Комитетăн организаторла ролĕ ӳсрĕ. Центральнăй Комитет палăртнă политикăлла çул-йĕре тĕплĕн те çине тăрса, тăрăшса тунă организаторла ĕçсем тунипе пурнăçласа пынă. Тӳрех каламалла, юлташсем, пирĕн партин, советсен тата хуçалăх органĕсен мĕнпур сыпăкĕсенче организаторла ĕçсен шайне ӳстерсе пыни Центральнăй Комитет тĕп ыйтусене татса парас ĕçре усă куракан чи пысăк майсенчен пĕри пулса тăрать.

Центральнăй Комитет пирĕн тулашри политикăна тытса пырас ĕçре те ленинла принципсен çĕнтерĕвĕшĕн пысăк активлăхпа тата пысăк вăй хурса кĕрешнĕ. Тулашри политикăри питех те кирлĕ ыйтусене ăнăçлăн татса панă. Эпĕ кунта Совет Союзĕпе Югослави хушшинчи хутшăнусенчи йĕркесĕрлĕхе тата киревсĕрлĕхе пĕтерсе хунине, çавăн пекех тата ытти пысăк ыйтусене асра тытатăп.

Аслă совет халăхĕн представителĕсем Индие, Бирмăна тата Афганистана кайса килни тĕнчери мире тата пĕр-пĕрне килĕштересе ĕçлессине çирĕплетес ĕçре тунă чаплă çитĕнӳ пулса тăрать. Государство деятелĕсем прогрессивлă этемлĕхĕн кунçулĕшĕн питех те пысăк пĕлтерĕшлĕ проблемăсем тăрăх Н. С. Хрущевпа Н. А. Булганин Индире, Бирмăра тата Афганистанра çĕршер пин тата вуншар миллион çынсемпе çав тери уççăн калаçни нек тĕслĕх халиччен пулман историлле самантсенчен пулман. (Алă çупаççĕ).

Тĕнчери кăткăс лару-тăру условийĕсенче пирĕн Партипе Правительство тĕнчери мире тата пĕр-пĕрне килĕштересе ĕçлессине çирĕплетес, Совет Союзĕпе Китай Халăх Республики ертсе пыракан социализмла лагерĕн тĕреклĕхне вăйлатас тĕлĕшпе кĕске вăхăтрах калама çук пысăк ĕç турĕç.

Коммунизм мĕнпур этемлĕх кун йĕркине туса тăчĕ. Социализм пĕр çĕршыв хыççăн теприн çĕршывра çĕнтерсе пырать. Ленин пур нацисем те социализма пырĕç, капитализм пĕтĕ, ăна инепле вăй та вилĕмрен çăлса хăварайĕ тесе калана пророкла сăмахсем пурнăçа кĕрсе пыраççĕ.

Юлташсем, украина халăхĕ, Украинăри Коммунистсен партийĕ, КПСС XX съездне хăйĕн речĕсене КПСС Центральнăй Комитечĕ тавра тата тачăрах пĕтĕçтернипе, марксизм-ленинизм идейисене шанчăклăн парăнса тăнипе, хăйĕн Тăван çĕршыв мухтавĕшĕн патриотла туйăмпа тата çĕршыва социализмла тĕпрен улăштарса пынăшăн Коммунистсен партипе пĕтĕм кăмăлтан тав тунипе кĕтсе илчĕç. Советла Украинăри ĕçсынисем парти съездне хуçалăхпа культура строительствин пур отраслĕсенче те çĕнĕ çитĕнӳсем тунипе кĕтсе илчĕç.

Украинăри Коммунистсен партийĕпе украина халăхĕ юлашки çулсенче тунă çитĕнӳсем пурне те палăл ĕнтĕ, çавăнпа та эпĕ Украина ССР-ĕн экономикăпа культура аталанăвĕн хăшпĕр ыйтăвĕсем çинче кăна чарăнса тăрасшăн.

Промышленноçăн, чĕрт-варпа энергетикăн пуян ресурсĕсемлĕ Украина Совет Союзĕн экономикинче пысăк вырăн йышăнса тăрать. Хальхи вăхăтра Украина çĕршывра кăларакан çĕр кăмрăкĕн 32 процентне, çĕршывра шăратакан чугунăн суррине ахăн, хурçăпа прокатăн 37 процентне, тимĕр рудин 60 процентне, Совет Союзĕнче туса кăларакан мĕнпур машинăсен хисепĕн чĕрĕкне ытла парса тăрать.

Донбасри шахтерсем халĕ çĕр кăмрăкĕ 1913 çулхинчен пилĕк хут ытларах кăларассĕ. Çав вăхăт хушшинчех чугун туса кăларасси ултă хута яхăн, хурçăпа прокат кăларасси ултă хут ытларах ӳснĕ. Республикăра машинăсем туса кăларакан промышленноçпа металран тĕрлĕ япаласем тăвакан промышленность та анлăн сарăлнă; çав промышленноçсен продукцийĕ, революцичченхи вăхăтрипе танлаштарсан, 96 хут ӳснĕ.

Промышленность производствине ӳстерес тĕлĕшпе пиллĕкмĕш пилĕк çуллăхри плана Украина ССР-ĕ срокчен малтан — тăватă çулта тултарнă.

Иртнĕ пилĕк çуллăхра çĕр кăмрăкĕ кăларакан 142 шахта, домнăпа мартен кăмакисем—37, прокатпа труба станĕсем—18, машинăсем туса кăларакан 7 завод, чылай пысăк электростанцисем тата ытти предприятисем çĕнĕрен нумай туса ĕçе кĕртнĕ.

Украинăн энергетикăн пысăк базине туса хунă. Халĕ республикăра электроэнерги 1913 çулта патша Российĕнче пĕтĕмпе туса кăларнинчен 15 хут ытларах туса кăларассĕ.

Йывăр индустрие аталантарас енĕпе тунă çитĕнӳсем çăмăл тата апат-çимĕç промышленноçне малалла ӳстерме май пачĕç.

Украинăра промышленность, сурт-йĕр тата социальнă-культура строительстви ытларах та ытларах сарăлса пырать. Строительство ĕçне лайăхлатас ĕçре КПСС Центральнăй Комитечĕпе СССР Министрĕсен Совечĕн палăл постановленийĕсем пысăк пулăшу пачĕç. Н. С. Хрущев юлташ хăйĕн докладĕнче строительство ĕçне перекетлĕн, кирлĕ мар тăкаксем тумасăр пурнăçламалли çинчен каларĕ. Ку тĕлĕшпе пĕр тĕслĕх илсе кăтартас тетĕп. Украинăра строительство объекчĕсен проект документчĕсене пăхса тухнă чухне кăна 1,6 миллиард тенкĕлĕх кирлĕ мар тăкаксем туна пăхнипе палăртнă, çавнашкал тăкаксене тума чарнă. Çак укçа-тенкĕпе типовой проектсем тăрăх 450 яхăн çĕнĕ шкула çурчĕ е 1 миллион ытларах тăваткал метр пурăнмалли çуртсем тума пулать.

Строительство организацийĕсене пĕрлештересе пысăклатни те пысăк усă парать.

КПСС Центральнăй Комитечĕн январьти Пленумĕн заданийĕсене, Партипе Правительствăн ытти палăл решенийĕсене пурнăçа кĕртсе пырса, украина колхозникĕсем, механизаторĕсем, совхоз работникĕсем ялхуçалăхĕн чи кирлĕ продукчĕсене туса илессине татăклăн ӳстерчĕç. Иртнĕ çулта республикăра тырă, хĕвелçаврăнăш, пахча çимĕç тата ытти культурăсем туса илмелли плана ирттерсе тултарнă.

Кукуруза пысăк усă кӳнине халĕ ĕнтĕ нурте пĕлессĕ. Украинăра кукуруза тĕштырăсем хушшинче малта тăракан культурăсенчен пĕри пулса тăрать. Кукуруза акмалли çĕр лаптăкне чылай пысăклатнипе пула республикăра тĕштырă тата выльăх-чĕрлĕх апачĕ туса илесси нумай ӳсрĕ.

Украинăри колхозсемпе совхозсем сахăр кăшманĕ ииxçанхиччен нумайрах туса илчĕç. Кашни гектартан, вăтам шутпа 202-шер центнер пухса илнĕ. Ку ĕнтĕ акса тунă кашни гектар сахăр кăшманĕнчен 156-шар пăт ытларах сахăр илнине пĕлтерет. Пĕтĕм республикăра сахăр кăшманĕ 1 миллион та 92 пин гектар çинче акса тунă пулнă.

Украинăра кукурузăна сахăр кăшманĕ акса тумалли çĕр лаптăкне малашне те пысăклатса пыма палăртассĕ.

Колхозсемпе совхозсем тĕштырă туса илессине ӳстерни Украинăна тырă хатĕрлемелли государство планĕсене тултарма кăна мар, нумай ирттерсе тултарма та май пачĕ. Украина планран ирттерсе 160 миллион пăт ытла тырă пачĕ, тулă кăна государствăна 396 миллион пăт панă. Государствăна хĕвелçаврăнăш, йĕтĕн, кантăр, улма-çырла, пахча çимĕç, эфир çăвĕ тата ытти культурăсем памалли плансенĕ те ирттерсе тултарнă.

Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес тата унăн тухăçлăхне ӳстерес ĕçре кал юлса пынипе пĕтересе тĕлĕшпе те малтанхи палăл утăмсем тунă. 1955 çулта колхозсемпе совхозсем аш-какай, сĕт, çăм, çăмарта хатĕрлемелли тата закуп шучĕпе сутмалли плансене ирттерсе тултарнă. Çав продуктсене государствăна уиччĕнхи çулсенчен ытларах панă.

Колхозниксене ĕçкунĕ тăрăх тырпул тата укçа-тенкĕ парасси ӳсрĕ.

Республикăри производительнăй вăйсем хăвăрт аталанса пынă май украина халăхĕн материальнăй нурнăçĕ тăтăшах лайăхланса, культури ӳссе пырать. Халăх лайăххăн та лайăххăн пурăна пуçларĕ.

Республикăри пĕтĕмĕшле пĕлӳ паракан шкулсенче, вăтам тата специальнăй вăтам шкулсемпе аслă шкулсенче халĕ 7 миллиона яхăн çын вĕренет. Хальхи вăхăтра Украинăра кашни 10 пин çынран аслă шкулсемпе техникумсенче кăна 180 çын вĕренет, урăхла каласан, аслă шкулсемпе техникумсенче вĕренекенсем капитализмла кирек хăш çĕршывринчен те нумайрах.

Халăх интеллигенцийĕн нумай йышлă кадрĕсене вĕрентсе хатĕрлени культурăлла революцин пысăк çĕнтерĕвĕ пулса тăрать. Украинăн совет литературипе искусстви те ăнăçлă аталанса пыраççĕ.

Октябрьти Социализмла Аслă революци çĕнтернине пула, рабочисемпе хресченсен власне туса хунине пула, çавна май никама пăхăнман государство пулса тăнине пула, социализмла мĕнпур республикăсенчи тăванла, халăхсен туслă çемйинче пурăннине пула, Коммунистсен партийĕн ленинла наци политики çĕнтернине пула кăна Украина çавăн пек çĕршыв пулса тăма пултарчĕ.

Н. С. Хрущев юлташ отчетлă докладра çапла каларĕ: пирĕн парти, союзлă мĕнпур республикăсен наци экономики ӳссе аталанса пытăр тесе, вĕсен культури— формипе нацилле, содержанийĕпе социализмла, культури татах та ытларах вăйланса чечеклентĕр тесе, мĕн кирлине пĕтĕмпех турĕ тата малашне те туса пырĕ.

Украина халăхĕ хăйĕн пултарулăх ĕçĕнче кулленех КПСС Центральнăй Комитечĕпе Совет правительстви паракан пысăк пулăшу çине таянать.

Мирлĕ строительствăна пуçна тытăнас умĕн—1921 çулта В. И. Ленин Пĕтĕм Украинăри Советсен съездĕнче Украинăри рабочисемпе ĕçхресченĕсем «тăшмансен тĕрлĕ чăрмавĕсемпе вăртăн сиенлĕхĕсене пăхса тăмасăр, Украина республикине çирĕплетĕç» (32 т., 123 стр.) тесе каланă пророкла сăмахсем пурнăçа кĕни çинчен халĕ ĕнтĕ шантарсах калама пулать.

Украина хуçалăх, политика тата культура енĕпе чечекленсе пыни партин халăхсен туслăхĕ тĕлĕшĕнчи идейисен аслăлăхне çирĕплетсе парать.

Тăватă вунă çуллăха яхăн каярах Украинăри рабочисемпе хресченсем патне янă çырура Ленин Российăри тата Украинăри коммунистсемпе мĕнпур ĕçсынинисене çирĕп туслăхра пурăнма хушса хăварнă: «тĕрлĕ нациллĕ рабочисемпе хресченсен чăннипех те çирĕп союзĕн тĕслĕхне пĕтĕм тĕнчери ĕçсынинисене кăтартса парăр...» (30 т., 273 стр.), тенĕ. Ленин çапла халаласа хушса хăварнине Украинăри коммунистсемпе мĕнпур ĕçсынинисем, Россия Федерацийĕнчи коммунистсемпе ĕçсынисем пекех, пирĕн çĕршывăн ытти мĕнпур халăхĕсем пекех, çирĕппĕн пурнăçласа пыраççĕ. ССР Союзĕнче халăхсен туслăхĕ гранит пекех çирĕп, вăл тĕнчери мĕнпур ĕçсынинисемшĕн тивĕçлĕ пример пулса тăрать. (Алă çупаççĕ).

Паллах, украина халăхĕпе мĕнпур совет халăхĕсем хушшинчи союз тата çирĕп туслăх пулни, Совет Украинин экономикипе культури хăвăрт аталанса пыни пурин кăмăлнех каймасть. Эпĕ кунта украина халăхĕн ют çĕршывсенчи тăшманĕсене асра тытатăп. Вĕсем Советла Украина халĕ ĕнтĕ империалистла захватчиксемпе вĕсен тарçисемшĕн — халăх тарăхăвĕнчен пытанса хăшпĕр капиталистла çĕршывсенче пурăнакан украина буржуалла националисчĕсемшĕн— Украина çаратса пурăнмь ал çитереймен çĕршыв пулнипе инепле те килĕшесшĕн мар.

Нумаях пулмасть Нью-Йорка «XX-мĕш ĕмĕрти Украина» ятлă кĕнеке пичетлесе кăларнă, унта элеклесе, суйса тата тем те пĕр шухăшласа кăларса сӳпĕлтетни тулли. Çав кĕнекере акă мĕн çыраççĕ: Украинăра 1951 çулта промышленность 1912 çулхи шая та çитмен, вăл полуфабрикатсем кăна туса кăларать. Днепрогэс Украинăшăн пропагандăлла символ кăна пулса тăрать, мĕншĕн тесен Днепрогэс паракан электроэнерги пĕтĕмпех Мускава каять». (Залра хускалса илеççĕ).

Çакăн пек суя сăмахсен авторĕ Кларенс Мэннинг — Америкăн аваллхи разведчикĕ, Совет Союзĕ çинчен элек сарма вĕреннĕ специалист, Колумбири университетăн профессорĕ. Куратăр ĕнтĕ, кĕрсе кайсах элеклерĕ, май, вăл Днепрогэсран Мускава электропередача линине пура тума ĕлкĕрнĕ, ун пек лини тĕнчере сукки пурте пĕлессĕ. Ахалех маллă, çавăн пек фальсификатор вăл пиренщĕн пулсан нимех те мар, унтан эпир чăн сăмах кĕтес çук. Сысна шăпчăкла юрлайĕ ĕнтĕ. (Кулаççĕ, алă çупаççĕ). Анчах мĕншĕн-ха вăл украина халăхĕ çине хаяр йытă пек вĕрет? Хăйсен хуçисен хушнипе нурнăçа кĕртес тĕллевпе илсен вăл çапла туллашать. Хăйĕн суя кĕнекин вĕçĕнче вăл Америка империализмĕн хĕвеланăçĕнчи партнерĕсене Украинăна Совет Союзĕнчен туртса илме чĕнет.

Украина халăхĕн халапĕнче çапла калать: «Йытă уйăх çине те вĕрме пултарать, анчах уйăх уншăн тĕксĕмленес çук». (Кулаççĕ). Украина халăхĕ çакна лайăх пĕлет: совет влаçĕн ялавĕ айĕнче кăна вăл хăйĕн ирĕклĕхне тата никама пăхăнманлăхне тупма пултарнă, Совет республикисен çемйинче ăна никам та çĕнтереймĕ, тăшманăн кирек мĕнле ирсĕр ĕçĕ те уншăн хăрушă мар.

Украинăри ĕçсынисем çакна та лайăх пĕлессĕ: Украина халăх хуçалăхĕ, наукăна культури çитес çывăх вăхăтра тата çӳлĕрех пусăма хăпарĕ. Çак малашлăха вĕсем ултăмĕш пилĕк çуллăх планĕсенче, пирĕн çĕршывра коммунизм туса хумалли аслă плансенче витĕр курса тăраççĕ.

Хальхи пилĕкçуллăхра Украина ССР-ĕнчи производительнăй вăйсем хăватлăн малалла аталанса пырĕç. Çĕр кăмрăкĕ кăларасси, чугунпа хурçă шăратасси, прокат, машинăсем тата йывăр индустрин ытти продукцине туса кăларасси чылай ӳсет. Пилĕкçуллăхра республика йывăр, çăмăл тата апат-çимĕç промышленноçĕн çĕнĕ пысăк предприятийĕсемпе, çĕнĕ электростанцисемпе пуянланать. Украинăра 1960 çулта тĕштырă 2,1 миллиард пăт туса илмелле. Сахăр кăшманĕ, пахча çимĕç, çĕрулми, ялхуçалăхĕн ытти продукчĕсене туса илесси татăклăнах ӳсмелле.

Пирĕн республика умĕнче аш-какайпа сĕт туса илессине ӳстерес тĕлĕшпе уйрăмах пысăк задачăсем тăрассĕ. КПСС Центральнăй Комитечĕн отчетлă докладĕнче Н. С. Хрущев юлташ çакна уйрăмах палăртнă: парти умне юлашки вăхăтра тухса тăнă чи йывăр тата çав вăхăтрах вăраха ямасăр татсă памалли задачăсенчен пĕри вăл выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе малалла вăйлатас, выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем туса илессине тата хатĕрлессине ӳстерес задача пулать.

Çак задачăна татса парас ĕç Украинăра мĕнле пулса пыни çинчен тĕплĕнрех каласа парас тетĕп. Республикăри колхозсемпе совхозсем, парти организацийĕсем ертсе пынипе, КПСС Центральнăй Комитечĕн январьти Пленумĕн постановленийĕсене пурнăçа кĕртес тĕлĕшпе тумалли ĕçсене палăртнă чухне хăйсем мĕн-мĕн тума пултарнине тата шалти резервсене шута илнĕ, 1960 çул тĕлне выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем туса илес тĕлĕшпе Пленум пирĕн республикăна панă задание срокчен 2—3 çул малтан, сăмахран: сĕт тата сысна ашĕ туса илес енĕпе—1957 çулта, выльăх-чĕрлĕхĕн ытти продукчĕсем енĕпе—1958 çулта пурнăçлама йышăннă. Çак заданисене эпир çĕнĕ пилĕкçуллăха кĕртнĕ те ĕнтĕ. Ку вăл çав тери пысăк та ответлă задани пулса тăнă çак даннăйсенчен лайăх курăнать: 1960 çулта Украинăра пĕтĕм Совет Союзĕнче туса илекен аш-какай хисепĕнчен 25 процентне, сысна ашĕ 30 процентне яхăн, сĕт 23 процентне йышăнать.

Пилĕкçуллăх вĕçĕнче пĕтĕм çĕршывра аш-какай туса илесĕнне икĕ хут ӳстерме палăртнă пулсан, Украинăри колхозсемпе совхозсем аш-какай туса илессине 1956 çултах пĕлтĕрхинчен икĕ хут ытларах туса илессĕ, сысна ашĕ туса илессине виçĕ хут ӳстерессĕ. (Алă çупаççĕ).

Пилĕкçуллăх вĕçĕнче республикăри колхозсемпе совхозсенче аш-какай туса илесси, 1955 çулхипе танлаштарсан, 3,1 хут, сысна ашĕ—4,4 хут, вăл шутра колхозсенче—6 хута яхăн ӳсмелле.

Аш-какай туса илессине çавăн пек татăклăн та хăвăрт ӳстерессине, Н. С. Хрущев юлташ отчетлă докладра каланă пек, сысна ĕрчетессине аталантарнипе кăна пурнăçлама пулать. Кӳ питĕ тĕрĕс, мĕншĕн тесен сысна чи хăвăрт çитĕнекен выльăх.

Республикăри колхозсемпе совхозсем иртнĕ вăхăтра кашни çул 2 миллиона яхăн сысна самăртнă пулсан, колхозсемпе совхозсем тата государствăн ытти хуçалăхĕсем 1956 çултах 8 миллиона яхăн сысна самăртассĕ.

Анчах çак ĕçе нурнăçлама пирĕн сысна амисем çитмессĕ. Çавăнпа та пирĕн кунта 1956 çулта пĕр миллион сысна амине темиçе хутчар çăвăрлаттарнисĕр пуçне 700 пин çамрăк аминчен кая мар пĕрер хут çăвăрлаттарнипе усă курма тивет. Çапла тунипе 14 миллион сысна çури илме пултаратпăр. Кунсăр пуçне сысна амисене хĕлле тата çуркунне пĕр вăхăталла çăвăрлаттарса, республикăри колхозсемпе совхозсем кăçалхи çулăн малтанхи çур çулĕнчех илме тивĕçлĕ мĕнпур сысна çурисем 70 процентĕнчен кая мар илме пултарассĕ. Вĕсене çуллахи йӳнĕ апатпа çитĕнтерме, тырпула пухса кĕрсен вара самăртса государствăна пама пулать.

Хальхи вăхăтра чылай колхозсемпе совхозсенче сыснасене самăртма хупма суртйĕрсем çитмессĕ. Çавăнпа та республикăра халех ĕнтĕ сыснасене самăртма хупмалли хӳтлĕхсем, площадкăсем тăвас ĕçе анлăн тытăннă. Ку вăл сыснасене йышлăн самăртма тата сысна ашĕ туса илессин хăйне ларакан хакне чылай чакарма май парать.

Чылай колхозсенче, совхозсенче тата хушма хуçалăхсенче çав плансене пурнăçлама май паракан ĕçсене туса ирттерме палăртнă, çавăн пекех тата сыснасене самăртма хупас, сыснасене самăртса çитересе государствăна аш-какай парас тĕлĕшпе кашни уйăх валли плансем туса хатĕрленĕ.

Сысна ашĕ туса илессине ӳстерес пырассипе пĕрлех майракаллă шултра выльăх-чĕрлĕх, сурăх, чăх-чĕп, хур-кăвакалпа кăркаасем çитĕнтерес, улăхра çӳретес тата апатлантарас ĕçе те лайăхлатма палăртнă. Ултăмĕш пилĕкçуллăхра республикăри колхозсемпе совхозсенче чăх-чĕпсене клеткăсенче хупса усрамалли механизациленĕ чăх-чĕп фермисемпе чăх-чĕп фабрикисем нумай тума палăртнă. Çак ĕç анлăн сарăлса пырать; кăçалах ĕнтĕ 200 ытла фермăпа фабрика туса хартиалла.

Украинăри парти организацийĕсем, советсемпе хуçалăх органĕсем колхозсенче, машина-трактор станцийĕсенче тата совхозсенче сĕт суса илессине малалла чылай ӳстерес тĕлĕшпе пысăк ĕçсем туса, ирттерессĕ. 1955 çулта сĕт суса илмелли плана ирттерсе тултарнă. Республикăри колхозсемпе совхозсенче кашни ĕнерен сĕт суса илесси, 1954 çулхипе танлаштарсан, вăтам шутпа 217 килограмм таран, сĕт суса илесси пĕтĕм хисепĕ 919 пин тонна, урăхла каласан 38 процент таран ӳсрĕ. Кăçал колхозсем сĕт пĕлтĕрхинчен 1,5 хут ытларах суса илессĕ. Çак ĕçре малтанхи ӳсĕмсем тунă ĕнтĕ. Кăçалхи хуçалăх çулĕн иртнĕ тăватă уйăхĕ хушшинче республикăри колхозсенче сĕт суса илесси, иртнĕ çулхи çав вăхăтрипе танлаштарсан, икĕ хут, кашни сăвакан ĕнерен сĕт суса илесси 158 килограмм таран ӳснĕ. Çак вăхăт хушшинче республикăри колхозсенче кашни 100 гектар çĕр пусне 22,5 центнер сĕт суса илнĕ.

Паллă ĕнтĕ, сĕт тата аш-какай тăвассине ӳстерес ĕçре выльăх апачĕ пысăк вырăн йышăнса тăрать. Çавăнпа та республикăри колхозсемпе совхозсем кăçал кукуруза акакан лаптăка пĕр миллион гектара яхăн пысăклатма, пĕтĕмпе 7 миллион гектар ытла кукуруза акма палăртассĕ. Выльăх апачĕ хатĕрлес енĕпе ытти ĕçсем те туса ирттерме палăртнă.

Директивăсен проектне сӳтсе явнă май, Украина компартийĕн XIX съезчĕ, колхозниксен, машина-трактор станцийĕсемпе совхозсен работникĕсен тата парти активĕн пухăвĕсем, ялхуçалăхĕнче малта пыракансен республикăри канашлăвĕ, пĕр кăмăллă пулса, сĕт тата аш-какай туса илмелли çав плансене срокчен малтан пурнăçлама май пуррине палăртрĕç.

Çав тĕллевпе республикăри колхозсемпе совхозсем выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем туса илес тĕлĕшпе малтан тунă плансене тепĕр хут пăхса тухассĕ, çĕнĕ резервсемпе майсене палăртассĕ, çĕнĕрен социализмла ăмăрту договорĕсем тăвассĕ. Пирĕн выльăх-чĕрлĕх пăхакан ĕçченсем сĕт тата аш-какай туса илессине ӳстерес тĕлĕшпе хастарлă ĕçлеме тытăнчĕç. Пирĕн республикăри облаçсем, районсем, колхозсем, машина-трактор станцийĕсем тата совхозсем пурте тĕштырă, аш-какай, сĕт тата ялхуçалăхĕн ытти продукчĕсене туса илессине ӳстерес тĕлĕшпе, ытти республикăсенчи пекех, пĕр-пĕрнипе ăмăртассĕ.

Сăмах майĕн, манăн çакăн çинчен ыйтас килет: мĕншĕн-ха пирĕн республикăсем пĕр-пĕрнипе ăмăртмассĕ, хăшпĕрисем ăмăртассĕ пулсан та, вĕсем çинчен пурте пĕлмессĕ. Украинăри нумай колхозниксем, совхозсемпе машина-трактор станцийĕсен работникĕсем республикăсем хушшинчи ăмăртăва йĕркелеме кирли çинчен каларĕç.

**Хрущев.** Кампа ăмăртса ĕçлеме шутлатăр-ха эсир?

**Кириченко.** Ответлетĕп: Украина Россия Федерацийĕпе ăмăртма пултарать, вĕсем чи пысăк республикăсем пулса тăрассĕ. (Алă çупаççĕ). Мĕнех-ха тата? Эпир кашни 100 гектар çĕр пусне выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем, уйрăмах сĕт нумайрах суса илес енĕпе ăмăртса ĕçлеме пултарнă пулăттăмăр. Паллă ĕнтĕ, РСФСР облаçĕсенче сĕт суса илессине татăклăнах ӳстерме питĕ лайăх майсем пур.

**Хрущев.** Тĕрĕс.

**Кириченко.** Аш-какай туса илес тĕлĕшпе РСФСР-ăн Украина республикипе ăмăртма йывăртарах пулать ĕнтĕ, мĕншĕн тесен пирĕн выльăх-чĕрлĕх апачĕн никĕсĕ лайăхрах. Пирĕн республикăсенчи облаçсем те пĕр-пĕрнипе ăмăртса ĕçлесен питĕ аван пулнă пулĕччĕ. Кӳ вăл çĕршыва пысăк усă кӳме пултарĕ. Ăмăртăва ытти республикăсем те хутшăнма пултарассĕ тесе шутлатăп. Çакă вăл çĕнĕ пилĕкçуллăхра палăртнă пысăк задачăсене ăнăçлăн пурнăçлас ĕçре чылай пысăк пулăшу пама пултарать.

**Хрущев.** Тĕрĕс.

**Кириченко.** Юлташсем! Коммунистсен партийĕпе Совет государстви умĕнче питĕ пысăк задачăсем тăрассĕ. Çак задачăсене ăнăçлă пурнăçлама пирĕн мĕнпур резервсемпе усă курмалла, мĕнпур ĕçсынинисене, хамăрăн пĕтĕм халăха хавхалантарса çĕклемелле, массăллă социализмла ăмăрту сарса ямалла. Ăмăрту пĕлтерĕшĕ çав тери пысăк. Владимир Ильич Ленин совет обществин малалла илсе пыракан хăватлă вăйне уçса палăртнă, çак вăй ăмăртупа «чăн-чăнах анлăн, чăн-чăнах массăллăн усă курма, ĕçсынинисен чăн-чăн ытларахăшне хăйсене палăртма, хăйсен пултарулăхĕсене сарса яма, талантчĕсене кăтартма май паракан ĕç арени çине илсе кĕме...» (26 т., 367 стр.) май парать.

Украинăри Коммунистсен партийĕ, тĕштырă, выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем тата ытти ялхуçалăх продукцийĕ туса илессине ӳстерессишĕн пыракан социализмла ăмăртăва вăйлатас тĕлĕшпе çине тăрса ĕçлесе, иртнĕ çул хăшпĕр çитĕнӳсем турĕ. Иншер колхозниксем ĕçе чылай лайăхлатрĕç, колхоз производствинче малта пыракансем татах вуншар пинĕн ӳссе çитĕнчĕç.

Çав вăхăтрах, ялхуçалăх производствинче социализмла ăмăрту организацилес ĕçĕн ыйтăвĕсене тĕпчесе пĕлнĕсемĕн, эпир çак массăллă пысăк юхăмри нумай ситменлĕхсене палăртрăмăр, манăн вĕсем çинчен каласа парас килет, мĕншĕн тесен ку ситменлĕхсем ытти вырăнсенче те пур пулмалла.

Çав ситменлĕхсем мĕнре-ха? Нумай çĕрте ăмăртăва, ячĕшĕн кăна ирттерессĕ, ăна организацилес ĕçре шаблон, формализм, кампанейщина тата кирлĕ мар çĕртенех шавлани, митингçщина нумай,—ахальтенех нумай, питĕ нумай шавлассĕ, тейĕттĕм эпĕ. Обязательствăсене час-часах ячĕшĕн кăна, пурнăçри конкретлă майсене, резервсемпе усă курмаллине шута илмесĕр, йышăнассĕ. Тĕп ситменлĕхĕ вара çакăнта: час-часах ытлашши пысăк обязательствăсем илессĕ, вĕсем пурнăçланассине никам та ĕненмест. Ситменнине çакă вăл массăллăн палăрма пуçларĕ. Ку вăл акă мĕн пирки пулать: уйрăм е коллективлă обязательствăсем илнĕ чухне, ытлашши пысăк обязательствăсем илнĕ чухне пуçшех те ĕнтĕ, парти, совет органĕсен руководителĕсем, хаçатсем, Н. С. Хрущев хăйĕн докладĕнче палăртнă пек, пысăк обязательствăсем илекенсене тем те пĕр калаcа мухтаççĕ. Ку вăл пысăк обязательствăсем илнĕ çынсемшĕн усăллă та меллĕ иккен, мĕншĕн тесен çак çынсем, кĕске вăхăта çеç пулсан та, паллă çынсем пулса тăраççĕ, партипе совет руководителĕсем те, çавна пула, лайăх та канлĕ пурăнассĕ, вĕсене çав обязательствăсем кăшт пĕчĕкрех тесе, нумай вăй хумасăрах пурнăçлакан обязательствăсем кăна тесе «сӳлтисем» асăрхаттарса тăмассĕ, пачах урăхла, ун пек руководительсене темле майпа та мухтаççĕ. Çакăнпа ĕнтĕ, калас пулсан, вырăнсенче хăшпĕр районсемпе колхозсен руководителĕсем лайăх усă курассĕ.

Эпир хамăрăн республикăра тĕрĕслесе пăхрăмăр та султан-сул пысăк обязательствăсем илекен, анчах вĕсене нихçан та пурнăçламан чылай районсене, колхозсене, бригадăсене, звенесене тупса палăртрăмăр, вĕсенчен обязательствăсене пурнăçламалли çинчен никам та тивĕçлипе ыйтман.

Ăмăртура, ялан тенĕ пекех, обязательствăсене пĕр харăсах пĕтĕм çулталăк валли йышăнассĕ, çакă вара, ăмăрту çине куллен-кун влияни памасть, çулталăк иртсен тин вĕсен результачĕсене палăртма май парать.

Эпир çак ситменлĕхе те пĕтерсе пыратпăр. Хальхи вăхăтра илекен обязательствăсем — конкретлă, вĕсем уйрăм процессем, ĕçсен тапхăрĕсем — вунăкунлăхсем, эрнесем тăрăх, урăхла каласан, кашни йышши ĕçе кура, пайланса тăрассĕ. Сăмахран, доярка çулталăкра кашни ĕнерен мĕн чухлĕ сĕт суса илме обязательстве

(Вĕçĕ 3-мĕш страницăра).

СОВЕТ СОЮЗĔНЧИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙĔН XX СЪЕЗЧĔ

# А. И. Кириченко юлташ сăмахĕ

(Пуçламăшĕ 2-мĕш страницăра).

Йышăннă чухне хăй, условисене тата вылăх апачĕн ресурсĕсене шута илсе, январьте, февральте, май уйăхĕнче тата вĕсем хыççăнхи кашни уйăхра е тата кашни вунăкунлăхра мĕн чухлĕ сĕт суса илме пултаннине кăтартса парать. Çакă вăл общественноçа обязательство мĕнле пурнăçланса пынине тĕрĕслесе тăма тата унăн результачĕсем çине тивĕçлĕ влияни пама май парать кăна мар, çавна пула вара ăмăртакансем хăйсем те ăмăрту мĕнле пынине сăнаса тăма, çитменлĕхсене вăхăтра пĕтерме пултарассĕ. Çакă вăл сыннсене дисциплинăллă пулма, илнĕ обязательствăсене пĕтĕмпех пурнăçлама вĕрентет.

Ку таранччен пирĕн вăйли вăйлипе, вăйсăрри вăйсăррипе—малта пыракан область малта пыракан облаçпа ăмăртатчĕç, малта пыракан район ăмăртса ĕçлеме хăй валли хăйĕнпе тан района суйласа илетчĕ. Колхозсем те çавăн пек ăмăртатчĕç. Колхозсен, районсен тата облаçсен çакăн пек руководителĕсем те пурччĕ: вĕсем ăмăрту валли вăйсăртараххисене, хăйсенчен «чухăнраххисене» шыратчĕç, вĕсемпе договор тăватчĕç те малтанах хĕпĕртетчĕç: «Эпир ăна кăтартăпăр, эпир ăна мĕсерлех çавăрса çапăпăр», тетчĕç. Çавăрса çапма вара, чăннипе илсен, кирлĕ те мар. Вăл вĕт, ăмăртаканĕ, мĕскĕн, хăех тахçантанах кайса ӳкнĕ, — ăна çĕклесе тăратас пулать. (Кулассĕ). Çак ыйтусене те халĕ ĕнтĕ пăхса тухнă, ĕçре пулнă çитменлĕхсене пĕтерсе пырассĕ.

Ку таранччен социализмла ăмăртура илекен обязательствăсенче продукцин хăйне ларакан хакĕн показателĕсем çинчен пачах асăнман. Обязательствăсенче продукци мĕн чухлĕ тухмаллине çеç палăртса хунă. Ку вăл пачах тĕрĕс мар. Хальхи вăхăтра Украинăри парторганизацисем çакăншăн тăрăшассĕ: ăмăртса ĕçлеме тунă кашни договорта, кашни обязательствăра продукцин пĕр единицине туса илме миçе ĕç кунĕ расходламаллине те кăтартса памалла.

Ăмăртура çĕнтерекенсене палăртасси çине те час-часах тĕрĕс мар пăхассĕ. Час-часах çапла пулать: икĕ колхоз е икĕ район ăмăртса ĕçлессĕ, çулталăка вĕсем иккĕшĕ те начар результатсемпе вĕçлессĕ, вĕсенчен пĕри те обязательствăсене кăна мар, плансене те пурнăçламассĕ, çапах та вĕсенчен хăшин те пулин показателĕсем кăшт лайăхрах пулассĕ, вара ăна ăмăртури çĕнтерӳçĕ тесе мухтассĕ. Çапла пулса тухать: ĕçе путлантарса ярта, çĕнтерӳçĕ вара çапах та пур. (Кулассĕ).

Халĕ пирĕн çакăн пек йĕрке тунă: сирĕплетсе панă плана тултарнă е ирттерсе тултарнă, хăйĕн социализмла обязательствисене пурнăçлас ĕçре чи лайăх показательсем тунă колхоза, совхоза е района кăна ăмăртури çĕнтерӳçĕ тесе шутламалла.

Ăмăрту организацилес ĕçри çитменлĕхсене эпир çапла пĕтерсе пыратпăр: ăмăртакансене хăйсен обязательствисене пурнăçлама кирлĕ пулăшу паратпăр, ăмăрту çине пӳрне витĕр пăхакан руководительсене, ăмăртура хăйсен обязательствисене пурнăçласа пыман участниксене, пухусенче тата пичетре критиклетпĕр. Хальхи вăхăтра пур çĕрте те социализмла ăмăртăва организацилес ĕçре пулнă çитменлĕхсене пĕтерес тĕлĕшпе ĕçлессĕ. Кирлĕ чухне ăмăрту договорĕсене улăштарса çĕнĕрен тăвассĕ. Украинăри Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ халĕ министрсем, ведомствăсен руководителĕсем, парти обкомĕсен, хула комитечĕсен тата райкомĕсен секретарĕсем умне çакăн пек требовани лартрĕ: вĕсен ăмăрту организацилес ыйтусем тĕлĕшпе хăйсен ĕçлемелле, обязательствăсене пурнăçлама пулăшмалла, малта пыракансене хавхалантармалла, малта пыракансен опытне ыттисем хушшине сармалла, кая юлнисене мала тухма пулăшмалла.

Массăллă, чăннипех пĕтĕм халăх юхăмĕ пулса тăракан ăмăртура бюрократизма, формализма тата ăмăртăвăн витĕмлĕхне, пысăк творчествăлла вăйне чакаракан ытти пысăк çитменлĕхсемпе пăсăк ĕçсене тӳссе тăма çук. Пире çапла тума кирлĕ пек туйăнать: халĕ ăмăрту ĕçĕ çине ытларах, тимлĕрех пăхас пулать, мĕншĕн тесен пирĕн умра тăракан задачăсене пурнăçлас ĕçре унăн ролĕ питĕ пысăк пулать.

Социализм строительствинче малта пыракансен опычĕпе усă курнин паха пĕлтерĕшĕ пуриншĕн те паллă. Ун çинчен отчетлă докладра та каланă. Пилĕк çуллăх плансене пурнăçланă вăхăтра рабочи класс, колхоз хресчейĕсем, пирĕн пĕтĕм халăх малта пыракансен опычĕпе анлă усă курчĕç.

Калăпăр, ялхуçалăхĕнче çĕнни, малта тăраканни мĕн пур—çавна пурне те пропагандăлама государство нумай укçа-тенкĕ расходлать. Пăхсамăр-ха эсир: кĕнекесем, брошюрăсем миллионшар тиражпа пичетленсе тухассĕ, сĕршер кинофильмсем кăларассĕ, нумай лекцисем, докладсем туса парассĕ, малта пыракансен ĕç меслечĕсем çинчен хаçатсемпе журналсенче каласа парассĕ. Малта пыракан колхозсене экскурсисем нумай организацилессĕ, конференцисем, семинарсем ирттерессĕ, унта малта пыракансем хăйсен паха опычĕ çинчен каласа парассĕ. Малта пыракансен опытне пропагандăлама эпир чаплă выставка — Пĕтĕм Союзри ялхуçалăх выставки турăмăр.

Государство малта пыракансен опытне пропагандăлас ĕçре тăвакан расходсем, сăмах та çук ĕнтĕ, усăсăр пĕтмессĕ. Анчах вăл пур çĕрте те мĕнле кирлĕ çавăн пекши? Шел те, анчах ун пек мар-ха. Облаçсемпе районсен нумай руководителĕсем, колхозсен председателĕсем, бригадирсем, звеньевойсем малта пыракансем патне кайса килессĕ, фильмсем курассĕ, лекцисем итлессĕ, ялхуçалăх выставкисенче пулассĕ, — вĕсен ĕçĕ вара иртнĕ вăхăтри пекех юлать, вĕсем малта пыракансен опычĕпе ĕçре усă курмассĕ.

Пирĕн ĕçре час-часах мĕнле пулать-ха? Районта малта пыракан, мухтава тивĕçлĕ ик-виçĕ колхоз пур, ун таврашĕнчи колхозсем вара кая юлса пырассĕ, хăйсен хуçалăхне вăраххăн вăйлатассĕ. Кунтан та ытларах, нумай колхозсенче вуншар çул хушши малта пыракан звеносем, бригадăсем пур, колхоз вара мĕнле кая юлса пынă, çавăн пекех юлса пырать. Çакă, шел пулин те, хăшпĕр руководительсене пăшăрхантармасть. Султан-çулах мĕнпур канашлусенче, ларусенче, пленумсенче, съездсенче, конференцисенче вĕсем малта пыракан пĕр колхозсенех иле-иле кăтартассĕ, малта пыракан çав çынсен хушамачĕсенех асăнассĕ.

Парти, совет тата хуçалăх организацийĕсен нумай руководителĕсемшĕн малта пыракансен опытне производствăна кĕртес ĕç ку таранччен те партипе государство умĕнчи пысăк та кирлĕ обязанность пулса тăман-ха. Çакăнсăр халĕ эпир хамăрăн хуçалăха вăйлатма пултараймастпăр.

Ленин хушнă пек, çапла тăвас пулать: пĕр-пĕрин кăтартуллă примерĕпе пур çĕрте те анлăн усă курмалла, ку вăл обязательно тумалли ĕç пулса тăмалла. Шăпах харпăр хăйĕн ирĕкĕпе мар, обязательнăй йĕркепе тумалли ĕç пулса тăмалла вăл. Малта пыракансен опытне ĕçе кĕртесси çине пӳрне витĕр пăхакан руководительсене малта пыракансен ĕç меслĕсемпе тата меслечĕсемпе усă куртарас пулать. Государство интересĕсем çавăн пек тума хушассĕ те.

Малта пыракансен опытне ĕçе кĕртес тĕлĕшпе пирĕн республикăра та çитменлĕхсем пур, халĕ эпир вĕсене пĕтерес енĕпе çине тăрса ĕçлетпĕр.

Украинăри Коммунистсен партийĕн нумаях пулмасть пулса иртнĕ XIX съезчĕн ĕçĕнче малта пыракансен опытне производствăна кĕртес ыйтусем тивĕçлĕ вырăн йышăнчĕç. Съезд республикăри парти, совет, хуçалăх организацийĕсем умне пысăк задача кăларса тăратрĕ: 1956 çулта пирĕн малта пыракансен опытне ялхуçалăх производствине массăллăн кĕртмелли çулталăк тумалла. Çакна акă мĕнле майпа тумалла: районта малта пыракан колхозсем пур пулсан (вĕсем пирĕн кашни районтах пур), район руководителĕсен çав колхозсенчи малта пыракан ĕç меслечĕсемпе меслĕсене районти мĕнпур ялхуçалăх артелĕсене сармалла. Районсенче, МТС-сенче, колхозсенче малта пыракан звеносем, трактор тата уй-хир бригадисем, выльăх-чĕрлĕх фермисем пур. Вĕсен ĕç опычĕпе усă курнипе мĕнпур колхозсене, МТС-сене, бригадăсене, звеносене малта пыракансен шайне çити çĕклесси—район, МТС, колхоз руководителĕсен чи пирвайхи тивĕçĕ.

Юлташсем! Ялхуçалăх продукцийĕ туса илес ĕçĕн хăйне ларакан хакĕ çинчен пĕр-икĕ сăмах калас тетĕп. Паллă ĕнтĕ, социализмла обществăра пĕрмаях техникăлла прогресс туса пыни обществăлла ĕç тухăçлăхне хăвăрт ӳстерме май парать, çакă вăл продукцин хăйне ларакан хакне йӳнетмелле чи паха услови пулса тăрать.

Социализмла хуçалăха тытса пынă çĕрте ĕç вăйĕ тата укçа-тенкĕ сахалрах пĕтернипе пысăк пахалăхлă продукци нумайрах та нумайрах туса илни паллă вырăн йышăнать. Эпир экономика тĕлĕшĕнчен капитализмпа ăмăртнă чухне çĕнтерӳ тăвасси çак задачăна ăнăçлă пурнăçланинчен нумай килет. Паллă ĕнтĕ, продукцин хăйне ларакан хакне йӳнетни социализмла накоплени тумалли тĕп çăлкуç пулса тăрать, вăл социализмла экономика аталанăвĕн закон йĕркипе пулса пыракан объективлă кирлĕ ĕçĕ пулса тăрать.

Анчах парти, совет, хуçалăх работникĕсенчен чылайăшĕ продукцин хăйне ларакан хакне йӳнетессин çине тивĕçлипе пăхмассĕ. Уйрăмах ялхуçалăх продукцийĕ туса илме майлан ĕç вăйĕпе укçа-тенкĕне перекетлессишĕн пыракан кĕрешӳ начар организациленĕ. Чылай колхозсен руководителĕсем обществăлла хуçалăха перекетлĕ тытса пымассĕ, тăкаксем ытлашши нумай тунине пăхмасăрах тырпул тухăçлăхне, выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне ӳстерме шутлассĕ. Вĕсем продукцин хăйне ларакан хакĕ мĕн чухлĕ пулнине тĕпчесе вĕренмессĕ, çав продукцие туса илни государствăна е колхоза мĕн чухлĕ ларни çинчен, йӳнерех ларакан продукци туса илесси çинчен шутламассĕ. Шутласа пăхнă тĕслĕх акă мĕн кăтартать: 1954 çулта, сăмахран, Полтава облаçĕнчи колхозсенче, тăпра тата çутçанталăк условийĕсем пĕрешкел шутланакан кӳршĕри Харьков облаçĕнчи колхозсемпе танлаштарсан, кашни центнер тĕштырă туса илме 39 процент, сахăр кăшманĕ туса илме—20 процент, аш-какай туса илме—6 процент ĕç кунĕ ытларах кайнă.

Нумай колхозсенче ĕçкунĕсене тĕллипаллисĕр расходлассĕ, управлени штачĕсене ӳстерсе янă, çакă вăл ялхуçалăх продукцийĕ туса илессине хаклăлатса ярать.

Ялхуçалăх продукцийĕн хăйне ларакан хакне йӳнетес тесе, халĕ республикăри колхозсемпе МТС-сенче администрацие управлени аппаратне чакарас енĕпе ĕçлессĕ, ĕç нормисене çĕнĕрен пăхса тухассĕ, ĕçе организацилессине лайăхлатма ытти мерăсем йышăнассĕ.

Халĕ манăн районсемпе облаçсенчи администрацине управлени аппаратне чакарнипе мĕн чухлĕ укçа перекетлени çинчен тĕплĕн чарăнса тăма вăхăт çук, анчах çакна калатăп: республикипе илсен, çĕршер миллион тенкĕ перекетленет.

Ялхуçалăх ĕçĕсене механизацилесси чылай ӳсни, ялхуçалăх наукин çитĕнӳсене ĕçе анлă кĕртни, çĕрпе пĕлсе усă курни ĕç вăйĕ тата укçа-тенкĕ сахал пĕтернипех мĕнпур çĕрсен кашни çĕр гектарĕ пуçне продукци ытларах та ытларах туса илме май парассĕ.

Ялхуçалăх продукцийĕн хăйне ларакан хакне палăртас ыйтусене илес пулсан, юлташсем, пирĕн экономика наукинче те ку тĕлĕшпе йĕркеллех мар. Пурне те паллă, пирĕн экономистсенчен нумайăшĕ, хаклăх законĕ колхозсенче вăй илессине хирĕçлесе, вĕсенче туса илекен продукци тĕлĕшпе хаклăх категорийĕпе пачах усă курма май килмест, тесе шутланă. Çав вăхăтрах хаклăх законĕпе усă курни, колхоз хуçалăхне перекетлĕ тытса пынă чухне те, промышленноçри пекех, пысăк вырăн йышăнать. Ялхуçалăх производствин экономикин кăтуххехи кирлĕ ыйтăвĕсене, чи малтанах производствăри тăкаксене, колхозсенче туса илекен продукцин хăйне ларакан хакне чакарас ыйтусене ку таранччен те татса паман. Эпир хамăрăн аграрникĕсем, экономистсем, пĕтĕмпе илсен, экономика науки, СССР Наука академийĕ çак ыйтусене татса памалла тесе шутлатпăр.

Ĕç вăйĕпе укçа-тенкĕ сахалрах пĕтерниех ялхуçалăх продукцийĕ туса илессине ӳстерес задачăна пурнăçлас ĕçре МТС-сен ролĕ питĕ пысăк. Анчах МТС-сем государствăна натуроплата енĕпе ялхуçалăх продукцийĕ памалла плана тултарсан-тултармасан та, вĕсем государствăран укçа-тенкĕ панă пирки, МТС руководителĕсенчен чылайăшĕ экономика ыйтăвĕсене тĕпчесе тишкермессĕ, çав продукци государствăна мĕн чухлĕ ларнине шута илмессĕ.

Чылай МТС-сен руководителĕсем условно шутласан сухаланă ĕç тăвассине гектар енĕпе кăна ӳстерме тăрăшса, чи кирлине—продукци ытларах туса илессине манăçа хăварассĕ, кашни пĕр центнер валовой продукци тата натурăпа тӳлекен тырпулăн кашни пĕр центнерĕ пуçне МТС тăвакан тăкаксене чакарас тата МТС тупăшне ӳстерес тĕлĕшпе ĕçлемессĕ.

Натуроплата енĕпе илекен кашни единица продукци пуçне государство тăвакан тăкаксене татăклăн чакармалла. Çакă вăл техникăпа усă курассине тĕпрен лайăхлатма, ялхуçалăх производствин мĕнпур отраслĕсенче ĕçе, чи малтанах, уйхирти тата выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес енĕпе йывăр ĕçсене, анлă механизацилеме, механизаторсене сменăри нормăсене тултарма тата ирттерсе тултарма хушать.

Çавăн пекех МТС-сенчи яланхи кадрсемпе çулталăкĕпех тĕрĕс усă курмалла, машинăсене юсанă чухне ĕçсен хакне чылай йӳнетмелле, горючи тата ытти материалсене перекетлĕ расходламалла.

Çапла шутлатăп: парти организацийĕсен, уйрăмах вырăнсенче, çак ыйтусем çине тимлĕрех пăхмалла.

Хальхи вăхăтра çуракине лайăх тата вăхăтра хатĕрленесси питĕ пысăк ĕç пулса тăрать, мĕншĕн тесен ку ĕçе мĕнле туниНчен пăсалхи тырпул тухăçлăхĕ килет. Украинăри парти организацийĕ ку ыйту çине тимлĕ пăхать. Республикăри колхозсенче, МТС-сенче тата совхозсенче вăрлăх, тракторсемпе ытти машинăсене хатĕрлес, удобренисем кăларас, ака-суха тума тата калчасене пăхса ситĕнтерме массăлла кадрсем вĕрентсе хатĕрлес енĕпе пысăк ĕçсем туса ирттерессĕ. Анчах чи кирли вăл, эпĕ ăна калама тивĕç, çакă пулать: пăсал кукуруза акакан мĕнпур лаптăка—вăл пирĕн 7 миллион гектар ытла йышăнмалла — колхозсемпе совхозсем пуçламăш хут пĕр пек калибрлă вăрлăхпа акса хăварассĕ.

Юлташсем! Украинăри коммунистсем КПСС Центральнăй Комитечĕн сул-йĕрне тата ĕçне пĕр кăмăллăн ырлассĕ. Çакна нумаях пулмасть пулса иртнĕ Украинăри Коммунистсен партийĕн конференцийĕсемпе съезчĕ кăтартса пачĕç, вĕсем республикăри парти организацийĕсен КПСС Центральнăй Комитечĕ тавра нихçанхинчен сирĕп пĕтĕçсе тăнине тепĕр хут уççăн кăтартса пачĕç.

Пĕтĕм Украина халăхĕ, пĕр шухăш-кăмăллă пулса, пирĕн партин Центральнăй Комитечĕн сул-йĕрне тата ĕçне ырлать. Çакă вăл уйрăмах улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе паракан Директивăсен проектне рабочисен, колхозниксен, интеллигентсен пухăвĕсенче сӳтсе явнă чухне яр-уççăн палăрчĕ.

Советлă Украинăри ĕçсыннисем, хăйсем умĕнче пысăкран та пысăк задачăсем тăнине ăнланса илсе, Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX съезчĕн историлле решенийĕсене чыслăн пурнăçлассишĕн хăйсен вăй-хăватне шеллемесĕр ĕçлĕç. (Нумайччен алă çупассĕ).

# Совет халăхĕ Коммунистсен партийĕ тавра нихçанхинчен çирĕп пĕтĕçсе тăнине кăтартса парать

Ӳкерчĕк çинче: Шупашкарти 123-мĕш стройтрестра ĕçлекен рабочисемпе работницăсене агитатор, комсомол организацийĕн секретарĕ З. Э. Рехлер юлташ КПСС XX съезчĕн материалĕсене вуласа парать.

Г. Зиньков фотоӳкерчĕкĕ.

## ПЫСĂКРАХ ОБЯЗАТЕЛЬСТВĂСЕМ ИЛЕÇÇĔ

Суртсем туса кăларакан цех. Çак цехри рабочисем Куславккари çуртсем тăвакан заводăн тĕп продукцине, стенасемпе хӳмесем, тропилăсем, çурт çине витмеллисем, урайсем тăвать. Коммунист Г. Новиков юлташ ертсе пыракан цех коллективĕ КПСС XX съездне тивĕçлипе хатĕрленсе кĕтсе илнĕ, январь уйăхĕнче планран ирттерсе 1.195 тăваткал метр лаптăклăх пурăнмалли çуртсем туса кăларнă.

Паян, смена вĕçленнĕ хыççăн, цехри хĕрлĕ кĕтесе рабочисем, инженерсемпе техниксем Г. Михеев агитатор каласа панине итлеме пухăнчĕç.

— Хальхи вăхăтра, — калаçăва пуçлать агитатор,—пĕтĕм тĕнчери халăхсем пирĕн тăван çĕршыв столицинче пулса иртекен Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX съезчĕн историлле ĕçĕсене сăнаса тăрассĕ. Пирĕн Тăван çĕршыв парти XIX съезчĕ пулса иртнĕренпе çав тери пысăк утăм турĕ...

Агитатор Хрущев юлташ тунă отчетлă докладри фактсене илсе кăтартать, çавăн пекех тата пĕтĕм çĕршывпа пĕрлех Куславкка поселокĕн сăн-сăпачĕ те улшăнса пыни çинчен каласа парать. Юлашки çулсенче кăна поселокра вуншар пурăнмалли суртсем, çĕнĕ магазинсем, культурăпа çутĕç учрежденийĕн çурчĕсем ӳссе ларнă. Кунта çитес вăхăтрах механизациленĕ майпа сăкăр пĕçермелли завод, типографи, 400 ача вырнаçмалăх шкул, столовăй, клуб тата ытти нумай тĕрлĕ çуртсем туса лартассĕ. Çĕнĕ клуб — Куславкка поселокĕнчи чи пысăк та илемлĕ çурт пулмалла.

Партипе правительство ĕçсыннисен пурнăçĕпе ырлăхĕшĕн куллен тăрăшни çине хастарлă ĕçпе ответлесси, тет малалла агитатор, пирĕн чи сывăх та таса тивĕç пулса тăрать. Мана, смена мастерне, кам ертсе пыракан участокри рабочисем хăйсем çулталăкри плана декабрĕн 20-мĕшĕ тĕлне тултарма пулни çинчен пĕлтерме калаçрĕç.

Агитатор хыççăн рабочисем хăйсен шухăш-кăмăлĕ çинчен хĕрӳллĕн каласа пама тытăнассĕ.

— Съезд ĕçĕсемпе тĕплĕн паллашатăн та,—каласа парать щитсем пухакан Н. Акуратнов юлташ,—чĕре хаваслăхпа тулать. Унта пирĕн çав тери пысăк çитĕнӳсене тата малашне ӳсĕмсем тумалли майсене лайăх кăтартса панă. Вăл кăна та мар, пирĕн çитменлĕхсене те уççăн палăртнă. Пирĕн Тăван çĕршыв малашне татах пысăк ӳсĕмсем тутăр. Эпир çавăншăн тăрăшатпăр. Эпĕ уйăх çурă хушши ĕнтĕ нормăна 142 процент чухлĕ тултарса ĕçлерĕм. Малашне нормăна 150 процент тултарса пыма пулатăп.

Заводри нумай рабочисем, инженерсемпе техниксем пысăкрах обязательствăсем илессĕ. Вĕсен политикăлла активлăхĕ ӳсĕмĕн ӳссе пырать. Рабочисем, инженерсемпе техниксем ĕç тухăçлăхне ӳстермелли, продукци пахалăхне лайăхлатмалли тата унăн хăйне ларакан хакне йӳнетмелли майсене тупса палăртассĕ.

М. АЛЕКСАНДРОВ.

## АГИТАТОРСЕМ ĔÇРЕ

ХĔРЛĔ ЧУТАЙ. Райцентрти вăтам шкулти учительсем «Профинтерн» тата «Красный Четай» колхозсенче агитаторсем пулса ĕçлессĕ. Хальхи вăхăтра вĕсем XX съезд материалĕсене тĕплĕн ăнлантарса парассĕ. Колхозниксем съезд материалĕсемпе питĕ интересленессĕ, тĕнчери лару-тăру çинчен те ыйтса пĕлессĕ.

Съезд материалĕсене ăнлантарса парас тĕлĕшпе уйрăмах Ф. Аврамов коммунист ертсе пыракан агитаторсен ушкăнĕ лайăх ĕçленине палăртмалла. «Красный Четай» колхозри 3-мĕш бригадăри колхозниксем агитаторсене яланах ăшă кăмăлпа кĕтсе илессĕ.

П. ТАРАСОВ.

## Пĕтĕм вăя хурса ĕçлĕпĕр

КАНАШ. (Хамăр корр.). Вагонсем юсакан заводри рабочисемпе работницăсем, инженерсемпе техниксем тата служащисем, Совет Союзĕнчи мĕнпур ĕçсыннисем пекех, партин XX съездĕнче КПСС Центральнăй Комитечĕн Пĕррремĕш Секретарĕ Н. С. Хрущев юлташ тунă отчетлă доклада пĕр кăмăллă пулса ырлассĕ. Заводри пур цехсенче те агитаторсем Н. С. Хрущев юлташ доклачĕпе, партин XX съезчĕн ĕçĕсемпе рабочисене паллаштарассĕ.

Çак кунсенче партин XX съезчĕ ячĕпе заводри рабочисемпе инженерсен, техниксен тата служащисен пĕрлехи митингĕ пулса иртрĕ. Митингра разборочно-утилизационнăй цехри слесарьсен бригадирĕ А. Кузнецов юлташ çапла каларĕ:

— КПСС Центральнăй Комитечĕн Пĕрремĕш Секретарĕ Н. С. Хрущев юлташ тунă докладра пирĕн парти совет çыннисемшĕн ырми-канми тăрăшнине уççăн кăтартса панă. Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе эпир телейлĕ те пуян пурнăç турăмăр, халĕ çĕршывра коммунизм туса çитерессишĕн пĕтĕм вăя хурса ĕçлетпĕр. Улттăмĕш пилĕкçуллăхра ĕç укçи тата пенси сахалтарах илекенсен пенси укçи ӳсмелле, ĕçсыннисем валли татах та ытларах пурăнмалли çуртсем тумалла. Эпир хамăрăн тăван парти ĕçсыннисемшĕн тăрăшни çине ответлесе, малашне татах та тухăçларах ĕçлеме, февраль уйăхĕнче плана срокчен тултарма пулатпăр.

— Пĕтĕм совет халăхĕ пекех,—терĕ ремонтпа комплектовочнăй цех начальникĕ А. Азизов юлташ,—эпир партин XX съездĕнче Н. С. Хрущев юлташ тунă доклада пĕр кăмăллă пулса ырлатпăр. Коммунистсен партийĕ тата унăн Центральнăй Комитечĕ ертсе пынипе совет халăхĕ партин XIX—XX съезчĕсем хушшинче пысăк çитĕнӳсем турĕ.

Эпир тунă çитĕнӳсемпе çăпланса лармастпăр. Февраль уйăхĕнче планран ирттерсе вунă тоннăран кая мар вагон деталĕсем туса кăларма пулатпăр.

Вагоносборочнăй цехри паллă слесарь И. Бусарев юлташ, митингра тухса каласа, кăçал икĕ çул çурă нормине тултарма сăмах пачĕ.

## Колхоз ĕçченĕсен шухăш-кăмăлĕ

МУРКАШ. Районти ĕçсыннисем КПСС Центральнăй Комитечĕ партин XX съездне туса панă отчетлă доклада пысăк хаваслăхпа кĕтсе илчĕç. Съезд ĕçленĕ кунсенче колхоз ĕçченĕсем ялхуçалăхне малалла аталантарассишĕн, улттăмĕш пилĕкçуллăхăн пĕррремĕш çулĕнче нихçанхинчен вăйлă тырпул туса илессишĕн, выльăх-чĕрлĕх йышĕпе унăн тухăçлăхне ӳстерессишĕн ырми-канми тăрăшса ĕçлессĕ.

— КПСС Центральнăй Комитечĕн отчетлă доклачĕ,—тет «Свобода» колхоз председателĕ А. Яриков юлташ,—коммунизм çĕнтерĕвĕшĕн кĕрешмелли çула сутатса парать. Хрущев юлташăн докладĕнче ялхуçалăхне малалла аталантарас тĕлĕшпе лартнă задачăсем колхоз ĕçченĕсен шухăш-ĕмĕчĕсемпе килĕшсе тăрассĕ. Коммунистсен партийĕ колхозниксен пурнăçне лайăхлатассишĕн ырми-канми тăрăшни çине ответлесе, артель членĕсем татах та пысăкрах обязательствăсем илессĕ. Эпир улттăмĕш пилĕкçуллăхăн пĕрремĕш çулĕнче кашни гектартан 100 пăтран кая мар тĕштырă туса илме, выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем туса илессине пĕлтĕрхинчен пĕрре çурă хут ӳстерме шутлатпăр. Çакна пурнăçлама пирĕн условисем çителĕклĕ. Халĕ, съезд ĕçленĕ кунсенче, колхозниксем вăйлă тырпулшăн пыракан кĕрешӳве тата ытларах вăйлатрĕç. Вĕсем уй-хире удобренисем ытларах кăларма тăрăшассĕ. Пирĕн колхоз кĕске вăхăтрах ун 3 пин тонна тислĕк тата пĕр пин тонна таран торфпа юшкăн тăпри кăларчĕ. Ферма работникĕсем выльăх-чĕрлĕхпе унăн тухăçне ӳстерессишĕн кĕрешессĕ. Сысна фермипче ĕçлекенсем акăнакан çĕрсен кашни 100 гектарĕ пуçне 8-шар центнер ытла сысна ашĕ туса илчĕç. Çакна май колхоз пĕррремĕшпе виççĕмĕш кварталсенче государствăна обязательнăй йĕркепе памалли плана пĕтĕмпех тултарчĕ.

Районти ĕçсыннисем партин XX съезчĕн ĕçĕсемпе хытă интересленессĕ. Çак кунсенче клубсемпе вулав çурчĕсене тата библиотекăсене уйрăмах çынсем нумай çӳрессĕ. Унта съезд ĕçĕсем çинчен радио тăрăх паракан материалсене ушкăнпа итлессĕ. Ялти агитаторсем ĕçсыннисене КПСС Центральнăй Комитечĕ партин XX съездне туса панă отчетлă доклада ăнлантарса парассĕ.

П. ПАВЛОВ (Хамăр корр.).

## Съезд ĕçĕсемпе хавхаланса

ИШЛЕЙ. Тăван çĕршыв столицинче — Мускавра мухтавлă партин XX съезчĕ ĕçленĕ кунсенче районти ĕçсыннисен хастарлăхĕ ӳссе пырать. Колхоз ĕçченĕсем съезд материалĕсемпе, уйрăмах КПСС Центральнăй Комитечĕн отчетлă доклачĕпе хытă интересленессĕ. Вĕсем съезд ячĕпе пулса иртекен митингсемпе пухусенче тата агитаторсем ирттерекен калаçусенче партин тулашри тата шалти политикине хĕрӳллĕн ырлассĕ.

— КПСС Центральнăй Комитечĕн съезда туса панă отчетлă доклачĕ тата делегатсен хĕрӳллĕ сăмахĕсем,— терĕ Сталин ячĕпе тăракан колхоз председателĕ С. Тереев юлташ, — пире ялхуçалăхĕнче çĕнĕ çитĕнӳсем тума хавхалантарассĕ. Съезд ялхуçалăхĕ умне кăларса тăратнă задачăсене срокчен чылай маларах—çитес 2—3 çул хушшинчех пурнăçлама май пур. 1955 çулта кашни 100 гектар çĕр пуçне 93 центнер сĕт суса илнĕ пулсан, 1957 çулта 160 центнер суса илетпĕр. Акăнакан кашни 100 гектар çĕр пуçне сысна ашĕ туса илессине 1958 çул тĕлне 30 центнера çитаретпĕр, урăхла каласан пĕлтĕрхинчен 5 хут ӳстеретпĕр.

— Парти пире ĕçре çĕнĕ çитĕнӳсем тума чĕнет, — терĕ доярка А. Шорникова юлташ.—Эпĕ съезд умĕнхи кунсенче çăва тухиччен кашни ĕнерен 600-шер литр сĕт суса илме обязательство илнĕччĕ. XX съездăн ĕçĕсемпе хавхаланса, çĕнĕ обязательство илетĕп, çăва тухиччен кашни ĕнерен 700-шер литр сĕт суса илме сăмах паратăп.

Колхозра партин XIX съезчĕ хыççăн пысăк улшăнусем пулнă. Колхозниксем, пĕтĕмĕшпе илсен, съезд ялхуçалăхĕ енĕпе кăтартса панисене пурнăçа ăнăçлă кĕртнĕ. Юлашки виçĕ çул хушшинче тырпул тухăçлăхĕ 2 хут ӳснĕ.

Çак кунсенче колхозри выльăх-чĕрлĕх фермисенче ĕçлекенсем пысăкрах обязательствăсем йышăнассĕ. Сысна ашĕ туса илессине кăçалах, сĕт суса илессине 1957 çулта икĕ хут ытла ӳстерме палăртнă.

Съезд ĕçлеме тытăннăранпа фермăри йывăр ĕçсене механизацилеме тытăннă: халĕ кормокухньăна тата автопоилкăсене шыв илсе пырассине, утă-улăма турасa пăспа çемçетессине пĕтĕмпех механизациленĕ. Ку тĕлĕшпе фермăра ĕçлекенсем пуçарулăх кăтартассĕ. Халиччен соломорезкăран тухакан улăма кормокухньăна алă вĕççĕн йăтнă, халĕ кунта транспортер вырнаçтарса лартнă. Туранă утă-улăма транспортерпа тӳрех пăспа çемçетмелли пӳлĕме илсе çитерессĕ.

Çак кунсенче Чăвашсен ялхуçалăх институчĕн вĕренӳ хуçалăхĕнче çĕнĕ туйăмпа ĕçлессĕ. Кунти доярккăсем улттăмĕш пилĕкçуллăхăн пĕррремĕш çулĕнче ĕнесенчен 4.500-шер литртан кая мар сĕт суса илме сăмах панă.

Н. ОРЛОВ.

## Кукуруза силосӗ сӗт ытларах суса илме май парать

Чкаловски районӗнчи колхозсен кӗтӳ ҫӳретмелли вырӑнсем питӗ сахал, улӑхҫаранӗсем те ҫавӑн пекех. Районти 19 колхозран 10 колхозӑн ҫарансем пачах ҫук. Ҫакӑ вӑл выльӑх-чӗрлӗхе ҫулла тӑрантарас тата хӗлле усрама ҫителӗклӗ апат хатӗрлес ӗҫре пысӑк йывӑрлӑхсем кӑларса тӑратнӑ. Сӗртме пуссине вика акни тата нумай ҫул ӳсекен курӑксем акни те ҫав ыйтӑва татса парайман. Вӗсене те кӗтӳ ҫӳретмелли вырӑнсем ҫук пирки симӗслех ҫулса ҫу каҫиччен ҫитерсе пынӑ. Силослӑх культурӑсем ҫук пирки силоса ҫӗрулми авринчен ҫеҫ хывса хӑварнӑ. Выльӑхсене хӗллехи вӑхӑтра ҫитерме утӑ тата сӗтеклӗ апатсем ҫителӗксӗр пулнӑ, ҫавӑнпа вӗсенчен продукци те сахал илнӗ.

Районти колхозсем 1955 ҫулта 1.403 гектар ҫине кукуруза акрӗҫ. Ҫанталӑк начартарах тӑчӗ пулин те нумай колхозсем гектартан 300—400-шер центнер таран кукуруза тунипе ҫулҫине пухса илчӗҫ.

Кукуруза выльӑх-чӗрлӗх валли питӗ паха апат пулса тӑнине колхозниксем ҫуллах лайӑх ӑнланчӗҫ. Июль уйӑхӗнчен пуҫласа сентябрь уйӑхӗччен 470 гектар ҫинчи кукурузӑна ӗнесемпе сыснасене ҫулса ҫитерчӗҫ. Ҫавна пула виҫӗ уйӑх хушшинче колхозсем кашни ӗнерен 535-шер килограмм сӗт, малтанхи 8 уйӑхра илнинчен те ытларах суса илчӗҫ.

«Гвардеец», «Восток», Мичурин ячӗпе тӑракан колхозсенче ӗнесене кунне 40—50-шар килограмм кукурузӑн симӗс массине ҫитерчӗҫ. Ҫакӑ кашни ӗнерен июнь уйӑхӗнче 230—300 килограмм, август уйӑхӗнче 250—310 килограмм сӗт суса илме май пачӗ.

Районти колхозсем кукурузӑран 9.960 тонна паха силос хатӗрлерӗҫ. Кукуруза силосӗнче тутлӑхлӑ япаласем, минераллӑ тӑварсем тата витаминсем нумай. Кукуруза силосӗн биологиллӗ тата химилле составне шута илсе, выльӑхсене ҫитермелли апат рационне улӑштартӑмӑр. Колхозсенче кукуруза силосне октябрь уйӑхӗнчех ҫитерме тытӑнчӗҫ. Хальхи вӑхӑтра сӑвакан ӗнесене 6—7 килограмм ҫуртри улӑмӗпе арпа, 5—6 килограмм ыраш улӑмӗ, 1—2 килограмм концентратлӑ апатсем, 10—15 килограмм силос ҫитереҫҫӗ.

Ӗнесене тӗрӗс пӑхса усранӑ колхозсем сӗт суса илессине чылай ӳстерчӗҫ. «Гвардеец» колхозра виҫӗ уйӑх ҫурӑ хушшинче кашни ӗнерен, иртнӗ ҫулхипе танлаштарсан, 210 литр ытларах сӗт суса илнӗ. Иртнӗ ҫулсенче кая юлса пынӑ «Маяк», «Первомайск», Ленин ячӗпе тӑракан тата «Путь Ленина» колхозсенче те ӗнесем 100—150 литр таран ытларах сӗт паракан пулчӗҫ.

М. ТАЙКИН.
Чкаловски МТС-ӗн главнӑй зоотехникӗ.

### УДОБРЕНИСЕМ ХАТӖРЛЕМЕҪҪӖ

ЭЛӖК. Маленков ячӗпе тӑракан колхозӑн уй-хире тислӗк тата ытти удобренисем кӑларма пысӑк майсем пур. Выльӑх-чӗрлӗх фермине тислӗк нумай купаланса выртать. Анчах артель правленийӗ удобренисем кӑларас ӗҫе йӗркелеме тӑрӑшмасть. Паянхи куна ҫитсе уя пӗр лав та тислӗк кӑларман, минераллӑ удобренисем кӳрсе килмен, кӗл тата кайӑк-кӗшӗк тислӗкӗ те пухмаҫҫӗ.

И. ЕГОРОВ.
Г. НИКОНОРОВ.

### КӖСКЕН АСӐРХАТТАРНИ

Етӗрне районӗнчи Тимирязев ячӗпе тӑракан колхозӑн 6 ҫил арманӗ пур. Вӗсенчен виҫҫӗшӗ нумайранпа авӑрмаҫҫӗ, мӗншӗн тесен иккӗшӗн ҫунаттисем ҫук, теприн ҫийне ҫил ишсе антарнӑ. Ҫавӑн пекех Шверник ячӗпе тӑракан колхозра та ҫил арманӗ виҫӗ ҫунатлӑ ҫеҫ. Юсама ӑхах та нумай кирлӗ мар. Хальтерех юсасчӗ.

М. ЗАХАРОВ.

## Красноярск крайне ӗҫлеме куҫӑр

Красноярск крайӗн пӗтӗм ҫӗр лаптӑкӗ 2 миллион та 403 пин тӑваткал километр шутланать. Ҫак край мӗн тери пысӑккине ҫирӗплетме унӑн пӗр пайне—Таймыр наци округне кӑна илсе кӑтартӑпӑр. Ҫак наци округӗ вара Франци, Англи тата Япони ҫӗршывӗсем пӗрле йышӑнса тӑракан территори чухлӗ ҫӗр йышӑнса тӑрать. Край кӑнтӑр енчи Саян тӑвӗсем патӗнчен пуҫласа Ҫурҫӗрти Пӑрлӑ океан патне ҫитиччен сарӑлса выртать. Ҫак хушӑра, пурӗ 3 пин километр, тӗнчери чи пысӑк шывсенчен пӗри Енисей юхса выртать.

Красноярск крайӗнче пурӗ 63 район шутланать. Кунта ҫавӑн пекех Хакас автономи облаҫӗ тата Эвенкийски Таймыр наци округӗсем кӗреҫҫӗ. Красноярск хули—ҫак питех те пысӑк крайӑн тӗп хули.

Крайри колхозсемпе совхозсем ҫуллен пысӑк тухӑҫлӑ тырпул туса илеҫҫӗ. Кунти чылай районсенче тӗштырӑсем (ыраш, тулӑ, кукуруза, вир, хуратул, урпа, сӗлӗ т. ыт. те) туса илнисӗр пуҫне улма-ҫырла тата тухӑҫлӑ пахча ҫимӗҫ ӳстерме вӗренсе ҫитнӗ. Пур ҫӗрте те ҫарансем нумай. Ҫакна май колхозсемпе совхозсенче ҫуллен лайӑх утӑ ытлӑн-ҫитлӗн хатӗрлеҫҫӗ.

Красноярск крайӗ ҫӗр айӗнчи пуянлӑхсем енӗпе те паллӑ вырӑнта тӑрать. Вӑл ҫӗршыва машинӑсем, ҫӗр кӑмрӑкӗ, тӗслӗ металсем, комбайнсем, пӑрахутсем, цемент, шифер, пир-авӑр, атӑ-пушмак, сӗтел-пукан тата ытти япаласем нумай парса тӑрать.

Тайгари пуянлӑха вара никам та шутласа кӑларас ҫук. Йывӑҫ запасӗсем енӗпе илсен Красноярск крайӗ СССР-ти ытти облаҫсемпе крайсем хушшинче пӗррӗмӗш вырӑн йышӑнса тӑрать.

Ҫӗнӗ, улттӑмӗш пилӗкҫуллӑхра край промышленность тата ялхуҫалӑх енӗпе те пысӑк ӳсӗмсем тумалла. ССР Союзӗн халӑх хуҫалӑхне 1956—1960 ҫулсенче аталантармалли улттӑмӗш пилӗк ҫуллӑх план тӗлӗшпе КПСС XX-мӗш съезчӗ паракан Директивӑсен проектӗнче палӑртнӑ тӑрӑх, Енисей шывӗ ҫинче Красноярск гидроэлектростанцине тума тытӑнмалла, унӑн хӑвачӗ 3 миллион та 200 пин киловатт пулмалла, пӗр миллион гектар ҫӗнӗ ҫӗрсем ҫинче тырпул акса тума тытӑнмалла.

Юлашки икӗ ҫул хушшинче крайри колхозсем экономика енӗпе вӑйлӑн аталанса пыма тытӑнчӗҫ. Сӑмахран, Ширински районти ялхуҫалӑх артелӗсем 1955 ҫулта обществӑлла тупӑша, 1954 ҫулхипе танлаштарсан, икӗ хут ҫурӑ ытла ӳстерчӗҫ. Колхозсен экономикине пӗлес шутпа ҫак районти вӑтам «Путь коммунизма» колхоза илсе пӑхӑпӑр. Иртнӗ ҫул кунта сысна, ӗне, сурӑх витисем туса лартрӗҫ, ҫӗнӗ ҫӗре куҫса килекенсем валли ҫӗнӗрен 20 пӳрт турӗҫ. Колхозниксем кашни ӗҫкунӗ пуҫне 3-шер килограмм тырӑ тата 6-шар тенкӗ укҫа илчӗҫ.

Таштып районӗнчи Молотов ячӗпе тӑракан колхозра чӗрӗк ӗмӗр хушши ӗнтӗ М. Я. Гордеев хурт-хӑмӑр ӗрчетсе ӗҫлет. Иртнӗ пилӗк ҫул хушшинче хурт-хӑмӑр утарӗ ялхуҫалӑх артельне 335.520 тенкӗ тупӑш панӑ.

Рыбински районӗнчи «Большевик» колхоз бригади гектартан 300—375 центнер ҫӗрулми туса илет, Пысӑк Муртин районӗнчи совхозра ӗҫлекенсем вара унтан та тухӑҫларах—гектар ҫинчен 400 центнера ҫити ҫӗрулми туса илеҫҫӗ.

Крайӑн усӑ курмасӑр выртакан паха ҫӗрсем нумай. Ҫавӑнпа сахал ҫӗрлӗ районсенчен кунта ӗҫсыннисене ялан пурӑнма нумайӑн куҫарни кирлӗ.

Ҫӗпӗрти пуян ҫӗрсем ҫинче ялан пурӑнма куҫса килекенсем—ҫӗрҫене агротехника вӗрентнӗ пек туса пыма пӗлекен, пысӑк опытлӑ ҫынсем. Алтай районӗнчи «1-ое Мая» колхоза Украинӑран куҫса килнӗ Анна Ищук кунта кукуруза ӳстерме лайӑх майсем пуррине кӑтартса пачӗ. 1955 ҫулта вӑл хӑй ертсе пыракан звено 160 гектар ҫинчен кашни гектартан 600-шер центнера яхӑн симӗс масса тата 20 центнер кукуруза пуҫӗ туса илчӗ. Уйрӑммӑн акса ӳстернӗ 20 гектар ҫинчен 30-шар центнер ытла пулса ҫитнӗ кукуруза пуҫӗсем пухса кӗртнӗ.

Ҫӗнӗ ҫӗрте пурӑнма куҫса килекенсенчен нумайӑшӗ, колхозсен обществӑлла хуҫалӑхӗсен ӗҫӗсене активлӑн хутшӑнса, кӗске вӑхӑтрах хӑйсен хуҫалӑхӗсене те вӑйлатса пычӗҫ, пуян пурнӑҫпа пурӑнаҫҫӗ. Акӑ, Чӑваш республикинчи Елчӗк районӗнчи «Правда» колхоз членӗ Ф. Дубов юлташ Таштып районӗнчи Булганин ячӗпе тӑракан колхоза куҫса килнӗ. Вӑл тӑваттӑмӗш ҫул ӗнтӗ выльӑх-чӗрлӗх фермине тӑрӑшса ӗҫлет, кашни ҫулах ӗҫкунӗсемпе тырпул, пахча ҫимӗҫ, сӗт-ҫу, укҫа-тенкӗ нумай илет. Кунсӑр пуҫне ӑна иртнӗ ҫул хушса тӳлемелли йӗрке тӑрӑх пӗр центнер сысна ашӗ панӑ. Хӑйӗн ӗҫӗнче уйрӑмах пысӑк ӳсӗм туса, Дубов юлташ Пӗтӗм Союзри ялхуҫалӑх выставкин участникӗ пулма, ҫакна май Мускава кайса килме тивӗҫлӗ пулнӑ.

Ҫак колхозах Елчӗк районӗнчен тепӗр семье—«Пахарь» колхоз членӗ пулнӑ Ф. Иванов куҫса килнӗ. Вӑл, тӑватӑ ҫул хушши строительство бригадин бригадирӗ пулса ӗҫлесе, ҫуллен тырпул, укҫа-тенкӗ нумай илсе тӑрать.

Чӑваш республикинчи тӗрлӗ районсенчен ялан пурӑнма куҫса килнӗ хуҫалӑхсем Красноярск крайӗнчи чылай районсенче пур. Вӗсем пурте телейлӗ те савӑнӑҫлӑ пурнӑҫпа пурӑнаҫҫӗ. Тӗслӗхшӗн, Вӑрмар районӗнчен Боград районӗнчи Боград ячӗпе тӑракан колхоза куҫса килнӗ Мария Евсеева колхозница ҫемйине илсе пӑхӑпӑр. Ана кунта килсе ҫитсенех лайӑх пӳрт панӑ. Унӑн ытти ҫурт-йӗр тата нумай пур. Иртнӗ ҫул вӑл ҫӗнӗ машина туянӑ, 10 сурӑх, 19 хур, 27 чӑх усрать. Евсеева юлташ хӑйӗн кил вырӑнӗнчен 1.300 витре ҫӗрулми, купӑста тата помидор нумай пухса кӗнӗ. Тырпул пухса кӗртнӗ вӑхӑтрах ӑна аванс шучӗпе кӑна икшер килограмм тырӑ тата тӑваттшар тенкӗ укҫа панӑ. Юлашки вӑхӑтра кӑна унӑн ҫемйи ӗҫкунӗсем тӑрӑх 30 центнер тырӑ илнӗ. Евсеева юлташӑн аслӑ хӗрӗ—Римма дояркӑра ӗҫлет. Сӗт суса илмелли нормӑна ирттерсе тултарнӑшӑн ӑна ӗҫшӗн хушса тӳлемелли йӗркепе 4 центнер сӗт панӑ. Вӑл Пӗтӗм Союзри ялхуҫалӑх выставкине хутшӑннӑ. «Манӑн ачасем,—ҫырать Евсеева юлташ,—шкулта вӗренеҫҫӗ. Пирӗн ял ӳссех пырать. Нумаях та пулмасть кунта Куславкка районӗнчен М. Семенов колхозник ҫемйипе куҫса килчӗ. Эпӗ хамӑр земляксене пирӗн пата ытларах куҫса килме сӗнетӗп. Пирӗн колхозӑн акмалли ҫӗр кӑна 5 пин гектар шутланать. Пирӗн ҫавӑн пекех ҫарансемпе вӑрмансем те нумай. Анчах та пире ӗҫ вӑйӗ ҫитменни хытӑ кансӗрлет».

Хакас автономиллӗ облаҫӗнчи Ширински районӗнчи «Путь коммунизма» колхозра пурӑнакан чӑвашсем те Чӑваш республикинчи колхозниксене хӑйсем патне, ҫӗнӗ ҫӗре куҫса пыма чӗнсе ҫыраҫҫӗ. «Пирӗн колхоза пӗтӗмпе 41 пин гектар ҫӗр ҫирӗплетсе панӑ. Колхозӑн 365 лаша, 546 ӗне, 10.562 сурӑх тата ытти выльӑхсем пур. Артель хуҫалӑхӗ вӑйланса пырать. Унӑн халӗ грузсем турттармалли пилӗк автомашина тата икӗ ҫӑмӑл автомашина пур. Колхозниксен килӗсемпе обществӑлла ҫуртсене радио кӗртсе ҫитернӗ. Ялта ҫичӗ ҫул вӗренмелли шкул, электростанци, пекарня, клуб пур. Анчах ялхуҫалӑх артельне татах та вӑйлӑн аталантарса пыма ӗҫ вӑйӗ ҫитменни кансӗрлет».

Ҫӗнӗ ҫӗре куҫса килекен колхозниксен хуҫалӑхӗсене государство пысӑк ҫӑмӑллӑхсем парать. Кунта куҫса килнӗ хуҫалӑхсем, ялхуҫалӑх артелӗн Уставӗнче палӑртнӑ тӑрӑх, ӗнесемпе сурӑхсем тата ытти выльӑхсем нумай усрама пултараҫҫӗ.

Халиччен сухаламан тата нумай вӑхӑт хушши сухаламасӑр выртнӑ ҫӗрсем ҫинче ӗҫлесе мала тухнӑ комсомолецсемпе ҫамрӑксен канашлӑвӗнче, кӑҫалхи январӗн 21-мӗшӗнче, Н. С. Хрущев юлташ ҫапла каларӗ:

«Красноярск крайӗ—Ҫӗпӗрти тӗштырӑ, аш-какай, сӗт, ҫинҫе тата ҫурма ҫинҫе ҫӑм тата ытти ялхуҫалӑх продукчӗсем туса тӑракан чи пысӑк районсенчен пӗри. Крайри колхозсемпе совхозсен тырпул акса тумалли ҫӗр лаптӑкӗ 1955 ҫулта 2.903 пин гектар пулнӑ, вӗсенчен тӗштырӑ акнӑ ҫӗр лаптӑкӗ—2.221 пин гектар, вӑл шутра тулӑ акнӑ ҫӗр лаптӑкӗ—1.326 пин гектар. 1955 ҫулта акса тунӑ тӗштырӑ культурисем хушшинче тулӑ 59 процент йышӑннӑ. Тырпул акакан ҫӗр лаптӑкӗ икӗ ҫул хушшинче 661 пин гектар ӳснӗ. Колхозсемпе совхозсем пысӑк тухӑҫлӑ тӗштырӑ культурисем туса илеҫҫӗ. Тӗштырӑ хатӗрлесси чылай ӳсрӗ. 1953 ҫулта государствӑна 34 миллион пӑт тырӑ панӑ пулсан, 1955 ҫулта 70 миллион пӑт панӑ. Крайра халиччен сухаламан тата нумайччен сухаламасӑр выртнӑ ҫӗрсене малалла сухалама пысӑк майсем пур. Ялхуҫалӑх министерстви 1955 ҫулта сӑнавлӑ ӗҫсем туса ирттернӗ тӑрӑх, Красноярск крайӗнче ҫӗнӗ ҫӗрсене пӗр миллион гектартан кая мар сухалама пулать».

Рабочисемпе колхозниксем, Красноярск крайӗнче пурӑнакан пирӗн земляксем сире ҫӗнӗ ҫӗре, ҫӗршыв экономикине ӳстерессишӗн тӑрӑшса ӗҫлеме, хӑйсем патне пыма чӗнеҫҫӗ.

А. КОЛОСОВ.
Красноярск крайисполкомӗн ҫӗнӗ ҫӗре куҫарас енӗпе ӗҫлекен пайӗн представителӗ.

Я. ЛУКИН.
Чӑваш АССР Министрӗсен Совечӗ ҫумӗнчи ҫӗнӗ ҫӗре куҫарас енӗпе ӗҫлекен пайӑн начальникӗ.

## ИКӖ КЛУБ—ИКӖ ТӖСЛӖХ

Канаш районӗнчи Тури Юнтапари клуб ял варринче ларать, ун йӗри-тавра пахча. Алӑкран кӗрсенех илемлӗ саспаллисемпе ҫырнӑ лозунгсем куратӑн. Кунта, рамкӑсем ҫинче колхозра малта пыракансен сӑнӳкерчӗкӗсене вырнаҫтарнӑ. Хисеп хӑмине юнашар бригадӑсем хушшинчи социализмла ӑмӑртӑвӑн кулленхи итогӗсене ҫырса пымалли кӑтарту хӑми.

Пӳлӗм варринче икӗ сӗтел. Кунта колхозниксем шашка-шахматла, доминолла выляҫҫӗ.

Юнашар пӳлӗмре библиотека тата вулавмалли зал вырнаҫнӑ. Библиотека ҫӳлӗкӗсем ҫинче 4 пин кӗнеке. Вулавмалли зала кӗрсен пур япаласене те пысӑк ӗсталӑхпа, тирпейлӗ вырнаҫтарса лартнине тупатӑн. Кунтах радиоприемник, тӗрлӗрен хаҫат-журналсен подшивкисем пур. Стена ҫинче аслӑ ҫулпуҫсен портречӗсем. «Канаш» тата Маленков ячӗпе тӑракан колхозсем хушшинчи ӑмӑртӑва ҫутатса паракан стенд тунӑ. «Канаш» колхоз членӗсен обязательствисене вуласа пӗлетпӗр: колхозниксем кукуруза акмалли ҫӗр лаптӑкне иртнӗ ҫулхинчен пилӗк хут ӳстерме, кашни гектартан 300 центнертан кая мар симӗс масса, 60 центнертан кая мар кукуруза пуҫӗ туса илме палӑртнӑ.

Вулавмалли залра наукӑлла кӗнекесен витринисемпе тӗп енӗ ҫинчен калакан плакатсем пур. Зал варринчи сӗтелсем хушшине ларса вулама-ҫырма пулать.

Клубри пысӑк зал та хулари клубсен залӗсенчен кая мар. Кашни эрнерех кунта кино пулать, ҫамрӑксем спектакльсем лартаҫҫӗ, лекцисемпе докладсем пулаҫҫӗ.

Чакаҫ ялӗ Тури Юнтапаран пурӗ те 3 километрта ҫеҫ вырнаҫнӑ. Чакаҫра та клуб пур. Анчах та унта йӗркелӗх тӑвайман. Тури Юнтапари клуб заведующийӗ Иван Матвеевич Струхов юлташ вӑй-хала шеллемесӗр ӗҫлет пулсан, Чакаҫри клуб заведующийӗ Михайлова ӗҫ ҫине питех те ҫиелтен пӑхать. Михайлова юлташ клуба пыракансемпе кӑмӑллӑн калаҫмасть, колхоз пурнӑҫӗпе интересленмест. Клубра «Комсомол» колхозӑн ҫитӗнӗвӗсемпе малашлӑх планӗсем ҫинчен калакан плакат никҫан та пулман, пӗр витрина та тумав.

Н. ТИМОФЕЕВ.

## Колхозсенчи отчетлӑ пухусенчен

*(Редакцие килнӗ ҫырусене пӑхса тухни)*

Колхозсенчи отчетлӑ тата отчетпа суйлав пухӑвӗсем кӑҫал активлӑн иртрӗҫ. Редакцие килнӗ ҫырусенчен чи малтанах ҫакӑ палӑрать: КПСС Центральнӑй Комитечӗн январьти Пленумӗ йышӑннӑ решение пурнӑҫлассишӗн кӗрешсе, иртнӗ ялхуҫалӑх ҫулӗнче чылай колхозсем тырпул тухӑҫлӑхне ӳстернӗ, обществӑлла выльӑх-чӗрлӗхрен сӗт-ҫу, аш-какай 1954 ҫулхинчен ытларах туса илнӗ.

Н. Вахрамеев юлташ пӗлтернӗ тӑрӑх, Вӑрнар районӗнчи «Гигант» колхоз юлашки пилӗк ҫул хушшинче фермӑри ӗнесенчен сӗт суса илессине 3,5 хут, сыснасем ӗрчетсе аш илессине 3 хут тата сурӑхсенчен ҫӑм касса илессине 2 хут ӳстернӗ. В. Уруков юлташ Чкаловски районӗнчи Сталин ячӗпе тӑракан колхоз иртнӗ ҫул кашни гектартан вӑтам шутпа 16,2-шер центнер тӗштырӑ пухса кӗртни ҫинчен пӗлтерет. Ҫавӑн пекех пирӗн ялкорсем Йӗпреҫ районӗнчи «Путиловка», Канаш районӗнчи «Новая жизнь», Сӗрнӳ районӗнчи «Гвиссер» колхозсенче иртнӗ ҫулта вӑйлӑ тырпул ӳстерни тата выльӑх-чӗрлӗхрен тупӑш ытларах илни ҫинчен ҫыраҫҫӗ. Ытти корреспондентсем те нумай колхозсенче иртнӗ ҫулта япӑх мар ӗҫлени ҫинчен пӗлтереҫҫӗ.

Асӑннӑ «Путиловка» колхозра пӗлтӗр дизельнӑй двигательпе ӗҫлекен электростанци лартса ӗҫе янӑ. Нумай колхозсенче ҫӗнӗ строительство анӑҫлӑ пырать. Сӑмахран, Канаш районӗнчи «Новая жизнь» колхоз пӗлтӗр сысна вити, пӑру вити, кормозапарник ҫурчӗ тата колхоз клубӗ лартнӑ. Ҫавӑн пекех, С. Данилов юлташ пӗлтернӗ тӑрӑх, Елчӗк районӗнчи «Родина» колхозра 1955 ҫулта пӗр пысӑк вите тата библиотека ҫуртне ҫӗнӗрен туса лартнӑ.

«Колхоз—миллионер» тесе ҫырать В. Захаров юлташ Красноармейски районти «Волга» колхоз ҫинчен. Ку колхоз 1955 ҫулта кантӑртан кӑна 695 пин тенкӗ тупӑш илнӗ. Выльӑх-чӗрлӗхрен илнӗ тупӑш 307 пин тенке ҫитнӗ. Колхозсен тупӑшӗ ӳсни ҫинчен, уйрӑмах обществӑлла выльӑх-чӗрлӗхрен илекен тупӑш ӳсни ҫинчен ытти районсенчен те нумай корреспондентсем ҫыраҫҫӗ. Г. Никифоров юлташ Тӑвай районӗнчи Молотов ячӗпе тӑракан колхоза ертсе пыма вӑтӑр пин шучӗпе килнӗ Молгачев юлташ тытӑнсан кунта ӗҫ улшӑнусем пулни ҫинчен ҫырса пӗлтерет. Ку колхозра халӗ ӗҫ дисциплини те лайӑхланнӑ, строительство ӗҫӗ анлӑн сарӑлнӑ. 1956 ҫулта колхоз 1.600 пин тенкӗ ытла тупӑш илессишӗн кӗрешет.

Ҫав вӑхӑтрах колхозсен отчетлӑ пухӑвӗсем артель хуҫалӑхне ертсе пырассинчи ҫитменлӗхсене те нумай палӑртрӗҫ. Артель хуҫалӑхне вӑйлатмалли майсемпе туллин усӑ курманшӑн колхозниксем хӑйсен руководителӗсене хытӑ критиклерӗҫ. Уйрӑмах вӗсем уя удобренисем кӑларманни колхоза пысӑк сиен кӳнине палӑртаҫҫӗ. Акӑ М. Емельянов юлташ пӗлтернӗ тӑрӑх, Чурачӑк районӗнчи Киров ячӗпе тӑракан колхозӑн выльӑх-чӗрлӗх фермисенче виҫӗ ҫул хушши ӗнтӗ тислӗк ним усӑсӑр сапаланса выртать. Красноармейски районӗнчи «Победа» колхозра тата Калинино районӗнчи Каганович ячӗпе тӑракан колхозра укҫа парса илнӗ минераллӑ удобрени ним усӑсӑр выртать. Ҫавӑн пекех, Н. Кузьмин юлташ пӗлтернӗ тӑрӑх, Канаш районӗнчи Булганин ячӗпе тӑракан колхозра та удобренисемпе кирлӗ пек усӑ курмаҫҫӗ.

Удобренисене хакламан колхозсем тухӑҫлӑ тырпул туса илеймеҫҫӗ. Тӑвай районӗнчи «Победа» колхоз пӗлтӗр ҫӗрулми участокӗнчен вӑрлӑхне те илеймен, тесе пӗлтерет И. Максимов юлташ.

Элӗк районӗнчи Каганович ячӗпе тӑракан колхозра пӗлтӗр пурӗ 49 гектар кукуруза акнӑ пулнӑ. Лайӑх пӑхса ӳстермен пирки, тет Н. Шумилов юлташ, кукуруза тухӑҫлӑ пулаймарӗ, гектартан мӗн пурӗ те 85-шер центнер ҫеҫ пухса кӗртнӗ.

Нумай колхозсем выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетес енӗпе иртнӗ ҫулта та ҫителӗксӗр ӗҫленӗ. Н. Соловьев юлташ пӗлтернӗ тӑрӑх, Канаш районӗнчи Ворошилов ячӗпе тӑракан колхозра пӗлтӗр кашни ӗнерен 900-шер литр ытларах ҫеҫ сӗт суса илнӗ. Чӑх-чӗп фермин тупӑшӗ те питӗ сахал, кашни чӑхран ҫу каҫиччен 19-шар ҫӑмарта ҫеҫ илнӗ. Ҫавӑн пекех Чурачӑк районӗнчи Ленин ячӗпе тӑракан колхозра та чӑхсенчен ҫӑмарта сахал илни ҫинчен пӗлтереҫҫӗ.

Колхоз руководителӗсем тивӗҫлӗ ертсе пыман пирки хӑшпӗр колхозсем пӗр вырӑнтах тапӑртатса тӑраҫҫӗ. Ишлей районӗнчи «Красный плуг» колхозра, Н. Мочалов юлташ пӗлтернӗ тӑрӑх, пӗлтӗр нимӗнле улшӑну та пулман. Тырпул тухӑҫӗ сахал пулнӑ.

Отчетлӑ пухусенче колхозниксем МТС-сен ӗҫӗнчи ҫитменлӗхсене те палӑртаҫҫӗ. Канаш районӗнчи «Комсомол» колхозра пӗлтӗр шӑтса тухнӑ кукурузӑпа ҫӗрулмине вӑхӑтра купаласа паманшӑн механизаторсене хытӑ критикленӗ. «Новая жизнь» колхозра МТС вӑйӗпе тумалли ӗҫсен планне пӗлтӗр 80 процент кӑна пурнӑҫланӑ. Хӑшпӗр ҫӗрте колхозниксем ялхуҫалӑх специалисчӗсене те производствӑлла ӗҫе ҫителӗклӗ хутшӑнманшӑн хытӑ критиклеҫҫӗ (Ишлей районӗнчи «XI лет Чувашии» колхоз т. ыт. те).

Хӑшпӗр ҫӗрте ревизи комиссийӗсем япӑх ӗҫленӗ пирки колхозсенче учет ӗҫӗнче пысӑк ҫитменлӗхсем пулнӑ. Ун пек фактсем ҫинчен Канаш районӗнчи Горкин ячӗпе тӑракан колхозран тата ытти ҫӗртен те пӗлтереҫҫӗ. Ҫавӑн пекех ӗҫкунӗсене планпа пӑхниччен нумай ытларах расходланисем тата тӗрӗс мар лартса панисем те пулнӑ (Красноармейски районӗнчи «Победа» колхоз).

Колхозсенчи отчетлӑ пухусем кӑҫал КПСС XX съездне хатӗрленнӗ вӑхӑтра, колхозниксемпе колхозницӑсен политикӑлла тата производствӑлла активлӑхӗ вӑйлӑ ҫӗкленнӗ вӑхӑтра пулса иртрӗҫ. Коммунистсен партийӗн XX съезчӗ йышӑннӑ решенисем колхозсенчи ҫитменлӗхсене пӗтерме, ялхуҫалӑхне малалла хӑвӑрт ҫӗклентерсе пыма колхозниксемпе колхозницӑсене тата ытларах хавхалантарӗҫ.

## Республикӑри хуласемпе ялсенче

### Ӗҫшӗн хушса тӳлеҫҫӗ

ЧКАЛОВСКИ. Мичурин ячӗпе тӑракан колхоз членӗсем 1955 ҫулта тӗштырӑсен тухӑҫне, 1954 ҫулхипе танлаштарсан, икӗ хута яхӑн ӳстерчӗҫ. Уйрӑм культурӑсен тухӑҫлӑхӗ виҫӗ хут пысӑкрах пулнӑ. Алексей Илехметов коммунист ертсе пыракан иккӗмӗш бригада вӑтам шутпа кашни гектартан 30,36 центнер пӑрҫа, 21,78 центнер сӗлӗ, 16,38 центнер ыраш пухса кӗртнӗ.

Тырпул тухӑҫне ӳстерессишӗн уйрӑмах тӑрӑшнӑ колхозниксене ӗҫшӗн хушса тӳлемелли йӗркепе 126 ҫынна 2.045 пӑт тырӑ панӑ.

И. МАРКОВ.

### Хурт-хӑмӑртан пысӑк тупӑш

СЕНТЕР. Ворошилов ячӗпе тӑракан колхоз утарӗсенче халӗ хурт-хӑмӑр 700 ҫемье шутланать. Иртнӗ ҫул ҫанталӑк условийӗсем начартарах пулчӗҫ пулин те, колхоз вӑтам шутпа кашни вӗллерен 23 килограмм, уйрӑм вӗллесенчен 36-шар килограмм пыл пухса илчӗ.

Хурт-хӑмӑр колхоза ҫулсеренех пысӑк тупӑш парать. 1955 ҫулта колхоз хурт-хӑмӑртан 207 пин тенкӗ тупӑш илнӗ. Кӑҫал колхозӑн пӗтӗм тупӑшӗ пӗр миллион тенкӗ ҫитмелле. Ҫак шутран хурт-хӑмӑртан кӑна 300 пин тенкӗ тупӑш илме шутлаҫҫӗ.

### Кӗнеке фончӗ ӳсет

Республикӑри предприятисемпе учрежденисенче профсоюз организацийӗсем пурӗ 38 библиотека организациленӗ. Иртнӗ ҫул вӗсем валли ҫӗнӗрен 145 пин тенкӗлӗх 29 пин кӗнеке туяннӑ. Ҫапла вара профсоюз библиотекисенче халӗ пурӗ 180 пин том ытла шутланать.

Кӗнеке шучӗпе вулакансен йышне илсен Улатӑрти чугун ҫул работникӗсен Ленин ячӗпе тӑракан библиотеки, Канашри вагонсем юсакан, Куславккари ҫуртсем тӑвакан, Шупашкарти электроаппаратура тӑвакан заводсенчи, Ҫӗмӗрлери сӗтел-пукан комбинатӗнчи, Шупашкарти Учительсен ҫуртӗнчи тата ытти хӑшпӗр библиотекӑсем районсенчи библиотекӑсем пекех шутланаҫҫӗ.

А. АЛЕКСЕЕВ.

### Фельдшер пункчӗсенче

...Урамра ҫил-тӑман. Сивӗ. Фельдшер пункчӗн заведующийӗ Григорий Кириллов Хӗлеҫ ялӗнчен килчӗ. Сехет ҫурҫӗр иртни 2 сехете кӑтартать. Фельдшер хывӑнма ҫеҫ ӗлкӗрчӗ, пӳрте пӗр колхозница васкаса пырса кӗчӗ те хӗрачи тӑрукках чирлесе ӳкни ҫинчен пӗлтерчӗ. Фельдшер ӑшӑнма ҫеҫ тытӑннӑ пальтона тӑхӑнса, тухса кайрӗ. Вӑл чирлӗ ҫынна медицина пулӑшӑвӗ вӑхӑтра панӑ.

Ӗҫлеме пуҫланӑранпа вунӑ ҫул хушшинче Г. Кириллов юлташ сахал мар ҫыннӑн пурнӑҫне ҫӑлнӑ. Колхозниксем ӑна яланах ырӑ ятпа асӑнаҫҫӗ.

Фельдшер пункчӗ районта чи лайӑх ӗҫлекен медицина учрежденийӗ шутланать. Юлашки вӑхӑтра кӑна 30 ҫынна яхӑн трахома чирӗнчен сыватнӑ.

А. ИВАНОВ.
Красноармейски районӗнчи Янкас ялӗ.

* * *

Вӑрнар районӗнчи Мӑшавӑн поселокӗнчи Г. Ташманов фельдшер ӗҫсыннисен санитари культурине ӳстерес тӗлӗшпе тӑрӑшса ӗҫлет. Медицина пунктӗнче медицина наукин ҫитӗнӗвӗсем, чир-чӗртен сыхланма вӗрентекен плакатсемпе брошюрӑсем пур. Хӗрлӗ хӗрес обществин пуҫламӑш организацине 250 ытла ҫынна хутшӑнтарнӑ, вулав ҫуртӗнче медицина ыйтӑвӗсем тӑрӑх час-часах калаҫусем ирттерет. Фельдшер пунктне пыракан ҫынсене медицина пулӑшӑвӗ те, усӑллӑ канаш та пама ӳркенмест, ҫавӑншӑн ӑна поселокри ӗҫсыннисем хисеплеҫҫӗ.

М. ВАСИЛЬЕВ.

* * *

Муркаш районӗнчи «Красный Октябрь» колхоз членӗсем вырӑнти Советсен иртнӗ суйлавӗнче ял Совет депутачӗ пулма Е. Кузнецова фельдшера суйланӑ. Е. Кузнецова депутат халӑх шанӑҫне тӳрре кӑларассишӗн тӑрӑшса ӗҫлет. Ялта вӑл хисеплӗ агитаторсенчен пӗри шутланать. Халӑх ӑҫта ӗҫлет, ӑна ҫавӑнта курма пулать. Вӑл колхозниксен килӗсенче, шкулта, выльӑх-чӗрлӗх фермисенче тасалӑха тытӑшшах тӗрӗслет. Нумаях пулмасть Е. Кузнецова юлташ колхозниксене уртаракан чир ҫинчен, пӗчӗк ачасене пӑхасси, физкультурӑпа спорт ҫын сывлӑхне ҫирӗплетни, совет медицини чӗре чирӗсенчен сыватмалли ҫӗнӗ меслетсем шыраса тупни ҫинчен калаҫса пачӗ.

М. ПЕТРОВ.
А. АНИСИМОВ.

### Совет работникӗсен семинарӗ

Ӗнер Шупашкарта совет работникӗсен семинарӗ уҫӑлчӗ. Унта ӗҫҫынни депутачӗсен райсовет исполком председателӗсен заместителӗсем хутшӑнаҫҫӗ. Вӗсем семинарта политика, экономика тата совет строительстви ыйтӑвӗсем тӑрӑх лекцисем итлеҫҫӗ, пӗр-пӗрин ӗҫ опычӗпе паллашаҫҫӗ. Лекцисене Чӑваш АССР Министрӗсен Совечӗпе Чӑваш АССР Верховнӑй Совет Президиумӗн ертсе пыракан работникӗсем, министрӗсемпе ведомствӑсен начальникӗсем вулаҫҫӗ. Семинара пухӑннисене ҫавӑн пекех Сӗрнӳ райсовет исполкомӗн председателӗ Чернов юлташ райисполкомӑн районти обществӑлла выльӑх-чӗрлӗхе ӗрчетессине ертсе пырас ӗҫри опычӗ ҫинчен тата Етӗрне районӗнчи Буденный ячӗпе тӑракан колхоз председателӗ Юхтанов юлташ колхоз хуҫалӑхне аталантарас ӗҫре тунӑ ӳсӗмсем ҫинчен калаҫа параҫҫӗ.

Семинар ҫичӗ кун пырать.

### Ҫӗнӗ ташӑсем

Чӑвашсен государство филармонийӗн юрӑпа ташӑ ансамблӗ хӑйӗн репертуарне ҫӗнетсех пырать. Ҫак кунсенче ҫӗнӗрен «Тройка», тутарсен «Ҫамрӑксен ташши» ятлӑ массӑллӑ ташӑсене тата чӑвашсен «Санаҫ шывӗ хӗрринче» ятлӑ ташшине хатӗрлесе ҫитернӗ.

Ташӑсене Тутар республикин тава тивӗҫлӗ артисчӗ Г. Тагиров юлташ вӗрентнипе хатӗрленӗ. Филармонин художествӑлла Совечӗ ҫӗнӗ ташӑсене пӗр кӑмӑллӑ пулса ырларӗ.

Ҫитес кунсенче юрӑпа ташӑ ансамблӗ ку ташӑсене концерт программисене кӗртет.

П. КРАСНОВ.

### Пушара ҫийӗнчех сӳнтернӗ

Вӑрнар районӗнчи Чапаев ячӗпе тӑракан колхоз членӗ Мальвина Рыбакова хӑйӗн Эмиляпа Александр ятлӑ пӗчӗк ачисене пӳрте питӗрсе хӑварса, ӗҫлеме тухса кайнӑ. Киле никам та ҫуккине кура ачасем шӑрпӑк ҫутса выляма тапратнӑ. Стена ҫине ҫыпӑҫтарнӑ хута тивертсе янӑ. Часах пӳрте тӗтӗм тухса тулнӑ. Ҫулӑм вӑйлӑн алкӑшма пуҫланӑ.

Вут-кӑвара хирӗҫ кӗрешекенсен ирӗклӗ дружинин членӗсем Вячеслав Евдокимовпа Николай Никитин ҫав вӑхӑтра урампа иртсе пынӑ. Вӗсем Рыбакова колхозница пӳртӗнче ҫулӑм алкӑшнине асӑрханӑ та васкасах пӳрт патне пынӑ. Пӳрт алӑкне ҫӑрапа питӗрнӗ пулнӑ. Вӗсем вара чӳрече кантӑкне ҫӗмӗрсе пӳрте кӗнӗ. Унта вӗсем вут-ҫулӑма сӳнтерме тӑрӑшнӑ, колхозницӑн пушана лекнӗ икӗ ачине шыраса тупса, вилӗмрен ҫӑлса хӑварнӑ. Халӑх пухӑнсан пушара сӳнтернӗ, ҫурта ҫунса кайма паман.

Вут-кӑвара сӳнтернӗ чухне хӑюллӑн кӗрешнӗшӗн, пӗчӗк ачасен пурнӑҫне ҫӑлса хӑварнӑшӑн Чӑваш АССР Шалти ӗҫсен министрӗ Евдокимовпа Никитин юлташсене тав тунӑ тата укҫан преми панӑ.

И. МАЛОВ.

## Спорт хыпарӗсем

### «БУРЕВЕСТНИК» СПОРТ ОБЩЕСТВИ ЕНӖПЕ МАЛА ТУХАССИШӖН

Ҫак кунсенче Куйбышевра «Буревестник» спорт обществин Центральнӑй Совечӗ йӗлтӗрпе коньки спорчӗсем енӗпе мала тухмалли ӑмӑрту ирттернӗ. Автономиллӗ улттӑ республикӑпа ҫичӗ облаҫри сборнӑй командӑсем хушшинче пирӗн республика сборнӑй команди тӑваттӑмӗш вырӑн йышӑннӑ. Спорт коллективӗсене илсен, Шупашкарти учительсен ҫурчӗн команди виҫҫӗмӗш вырӑна тухнӑ.

### РАЙОНТИ ШАШКА ЧЕМПИОНАЧЕ

Февралӗн 5—8-мӗшӗсенче Чурачӑкра шашка енӗпе района мала тухмалли ӑмӑрту пулнӑ. Чурачӑкри вӑтам шкул учителӗ В. Михайлов, 10,5 очко пухса, район чемпионӗн ятне илнӗ. «Молодая сила» колхоз членӗ А. Антонов юлташ та шашкӑлла лайӑх выляни палӑрнӑ.

### Пӗлтерни

Февралӗн 21-мӗшӗнче, каҫхине 7 сехетре, КПСС Шупашкар хула комитечӗн библиотекинче тӗнчери лару-тӑру ҫинчен лекци пулать. Лекторӗ Л. Д. Эльбов юлташ.

КПСС ХУЛА КОМИТЕЧӖ.

Редактор М. Н. ЯКИМОВ.

### ТЕАТР

ЧӐВАШ АКАДЕМИ ТЕАТРӖНЧЕ февралӗн 21-мӗшӗнче чӑвашла спектакль «Кай, кай Ивана», февралӗн 22-мӗшӗнче чӑвашла спектакль «Виҫӗ туй». Спектакльсем 19 сехет те 30 минутра пуҫланаҫҫӗ.

РЕДАКЦИ АДРЕСӖ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5. Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителӗ—4-17, ответлӑ секретарь—4-26, секретариат—7-82, промышленность пайӗ—5-74, информаци пайӗ—13-37, парти пурнӑҫ пайӗ—3-99, обзорсен пайӗ—6-84, пропаганда пайӗ—5-21, ялхуҫалӑх пайӗ—3-97, культура пайӗ—3-04, совет строительстви пайӗ—3-04, литературӑпа искусство пайӗ—8-61, ҫырусен пайӗ—3-54, издательство кантурӗ—0-23.

МТ 00049 Типография № 1 Министерства культуры Чувашской АССР. Заказ № 573. Тираж 37.000 экз.